ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛĔШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул
Май
31
ВЫРСАРНИКУН
№ 105 (9014)

36-мĕш çул тухать.
Хакĕ 20 пус.

## Паянхи номерте:



# Совет учрежденийĕсенчи пуçламăш парторганизацисем

В. И. Ленинпа И. В. Сталин пирĕн Совет государствин политикăпа хуçалăх пурнăçĕнче государство аппаратĕ çав тери пысăк вырăнта тăни çинчен яланах кăтартса панă, парти организацийĕсене совет учрежденийĕсен ĕçне ывăнма пĕлмесĕр лайăхлатса пыма хушнă. Пирĕн государство аппаратĕ пур енĕпе те йĕркеллĕ, пултаруллă ĕçлемелле. Партипе правительство решенийĕсене унăн хăвăрт та тĕрĕс пурнăçа кĕртсе пымалла.

Совет аппаратĕн ĕçне лайăхлатас ĕçре совет учрежденийĕсенчи пуçламăш парторганизацисем пысăк вырăнта тăраççĕ, вĕсен совет учрежденийĕсенче йышăннă йĕркесене çирĕп тытса пымалла, бюрократизма хирĕç, государство аппаратĕнче ĕçлекенсем ĕçсынлисен ыйтăвĕсем çине тимсĕр пăхнине хирĕç татăклăн кĕрешмелле.

Совет учрежденийĕсенчи парторганизацисен чи малтан государство дисциплинине çирĕплетессишĕн, правительство панă директивăсене тĕрĕс пурнăçа кĕртессишĕн кĕрешмелле, совет служащисене государствăпа халăх умĕнчи хăйсен тивĕçлĕхне ăнланма воспитани памалла. Совет учрежденийĕнче ĕçлекен çын вăл—халăх тарçи, массăсене мĕн кирлине унăн тимлĕн, тăрăшса туса памалла, квалификациллĕ, хăй ĕçне пĕлекен çын пулмалла. Ахаль çын вырăнти влаçсене вĕсем йышăнакан постановленисем тăрăх мар, ăна совет учрежденийĕнче мĕнле кĕтсе илни тăрăх, унта ĕçлекенсем ун ыйтăвĕ çине мĕнле пăхни, хăйне кирлĕ ыйтăва татса пама мĕнле пултарни тăрăх хак парать.

Учрежденире чăн-чăн совет йĕркисене тытса пырас тени çакна пĕлтерет: чи малтан, партилле-организацилле тата политикăлла ĕçе лайăх йĕркелесе, партипе правительство панă директивăсемпе кăтартусене совет аппарачĕн пур сыпăкĕсенче те яланах тĕрĕс пурнăçа кĕртсе пымалла. Пĕр-пĕр учреждени аппарачĕ партипе правительство панă директивăсемпе кăтартусене вăхăтра пурнăçа кĕртсе пымасть пулсан, çав учрежденире ĕçлекен хăшпĕр çынсем совет законĕсене пăснипе килĕшсе лараççĕ пулсан, партин пуçламăш организацийĕ çакăн çинчен çÿлти органсене вăхăтра пĕлтермелле. КПСС Уставĕ хушнисене пурнăçа кĕртсе пырса, учрежденисенчи парти организацийĕсен аппарат ĕçĕнчи кирлĕ ыйтусене парти органĕсем умне, тата учрежденисене ертсе пыракансем умне лартмалла.

Практика çакна кăтартса парĕ: партин пуçламăш организацийĕсем лайăх ĕçленĕ çĕрте, вĕсем хăйсен задачисене ăнланса, лайăх пурнăçа кĕртсе пынă çĕрте учреждени аппарачĕ те лайăх ĕçлет. Çакна Чăваш АССР Финанс министерствинчи, ĕçсынни депутачĕсен Улатăр хула Совечĕн исполкомĕнчи тата ытти совет учрежденийĕсенчи парти организацийĕсен ĕçĕ лайăх кăтартса парать.

Анчах нумай учрежденисенчи парти организацийĕсен ĕçĕнче пысăк ситменлĕхсем пур-ха. Вĕсем ĕç дисциплинине тата государство дисциплинине пăснисене хирĕç, критикăпа самокритикăна хĕсĕрлеснине хирĕç, аппарат ĕçĕнче тĕл пулакан бюрократизмпа волокитăна хирĕç хăюллăн кĕрешсе пыраймаççĕ, аппаратра ĕçлекен çынсене воспитани парас тĕлĕшпе çителĕклĕ ĕçлемеççĕ, вĕсен политикăлла шайĕпе ĕçри квалификацине ÿстермеççĕ.

Чылай çĕрте парти организацийĕсем хăйсен учрежденийĕн ĕçĕнчи пысăк ситменлĕхсене палăртмасăр хăвараççĕ, вĕсем çинчен учрежденисене ертсе пыракансене те, партин тивĕçлĕ органĕсене те пĕлтермеççĕ. Хăш чухне вăл çакăнтан та килет: парти бюровĕ е партин пуçламăш организаци секретарĕ руководительпе хирĕçсе каясран хăраççĕ, çÿп-çапа килтен кăларас мар текен йăлана пăхăнаççĕ.

Совет учрежденийĕсенчи пуçламăш парторганизацисем хăйсен задачисене ăнăçлăн пурнăçа кĕртсе пырасси парторганизацин шалти ĕçĕ мĕнле тăнинчен, парти организацийĕ коммунистсемпе мĕнле ĕçленинчен, вĕсен кĕрешÿ пултарулăхне мĕнле ÿстерсе пынинчен килет. Партин шалти ĕçĕ тĕлĕшпе нумай учрежденисенчи парторганизацисенче пысăк ситменлĕхсем пур. Парти пухăвĕсене йĕркеллĕ ирттермеççĕ, вĕсенче кулленхи çивĕч ыйтусене сÿтсе явмаççĕ, критикăпа самокритикăна вăйлăн сарса пымаççĕ. Хăшпĕр парторганизацисем КПСС Уставĕ хушнисене пурнăçа кĕртсе пымаççĕ: учрежденисен ĕçĕнчи ситменлĕхсем çинчен партин аслăрах органĕсене пĕлтермеççĕ, совет тата хуçалăх учрежденийĕсенчи пысăк ситменлĕхсене курмасăр иртсе каяççĕ.

Çакăн пек ситменлĕхсем Чăваш АССР Сывлăх министерствинчи парти организацийĕн ĕçĕнче палăраççĕ. Кунта коммунистсем чылайăшĕ парторганизаци пурнăçне активлăн хутшăнмаççĕ. Докладсене ялан тенĕ пекех парторганизаци секретарĕ Смирнов юлташ хăй тăвать, аппарат ĕçне начар критиклеççĕ. Парторганизаци партире тăман работниксемпе çителĕклĕ ĕçлемест, усă пухусем сайра ирттерет. Министерствăна пыракан ĕçсынлисен çырăвĕсемпе ыйтăвĕсене кунта вăхăтра пăхса тухмаççĕ. Партин пуçламăш организацийĕ коммунистсене воспитани парас тĕлĕшпе начар ĕçленине пула, кунта уйрăм коммунистсем партие хирĕçле, государствăна хирĕçле çул çине, государство укçи-тенкине çаратас çул çине тăнă, çакăншăн вĕсене уголовнăй йĕркепе ответ тыттараççĕ.

Çĕрпÿ райсовет исполкомĕнчи пуçламăш парторганизаци те çителĕксĕр ĕçлет, парти пухăвĕсене йĕркеллĕ ирттермест, пухусенче пуринчен ытла парти райкомĕ сĕнекен ыйтусене сÿтсе яваççĕ, аппарат ĕçне лайăхлатас пирки парторганизаци ыйту тапратмасть.

Партин пуçламăш организацийĕн ĕçĕшĕн чи малтан партин хула комитечĕсемпе райкомĕсем ответлă. Государство аппарачĕ çĕршыв пурнăçĕнче ответлă ĕç туса тăнине шута илсе, парти райкомĕсемпе хула комитечĕсен совет учрежденийĕсенчи пуçламăш парторганизацисене лайăхрах ертсе пымалла, ĕçе йĕркелесе яма вĕсене конкретлă пулăшу памалла.

Анчах партин хăшпĕр райкомĕсем совет учрежденийĕсенчи пуçламăш организацисене кирлĕ пулăшу памаççĕ, вĕсен ĕçне тĕплĕн пĕлмеççĕ, райкомсенче, хула комитечĕсенче ĕçлекенсем учрежденисенчи парторганизацисенче сайра пулаççĕ, парти организацийĕсен секретарĕсене ĕçлеме çителĕклĕ вĕрентмеççĕ. Сăмахран, партин Улатăр, Вăрнар райкомĕсем иртнĕ çулта тата кăçалхи тăватă уйăх хушшинче совет учрежденийĕсенчи парторганизацисен ĕçĕ çинчен пĕр ыйту та сÿтсе явман.

Парти райкомĕсемпе хула комитечĕсен совет учрежденийĕсенчи пуçламăш организацисен ĕçне лайăхлатмалла, работниксене воспитани парас ĕçре вĕсен рольне ÿстермелле. Парти организацийĕсен аппарат ĕçĕ çинчен, ĕç дисциплини çинчен, жалобăсене пăхса тухни, учреждение пынă çынсене мĕнле йышăнни çинчен тата ытти ыйтусене те час-часах сÿтсе явмалла, ситменлĕхсене пĕтерме кирлĕ мерăсем йышăнмалла. Совет учрежденийĕсенче критикăпа самокритикăна анлăн сарса пымалла, учрежденире ĕçлекен пур коммунистсенчен те, вĕсем мĕнле ĕçре ĕçленине пăхмасăр, ытларах ыйтмалла, вĕсене ĕçре кăтартуллă пулма вĕрентмелле. Совет служащийĕсене политикăлла воспитани парасси — совет учрежденийĕсенчи парти организацийĕсем умĕнче тăракан чи пысăк задача.

Совет аппаратĕнче ĕçлесси — работникшăн пысăк чыс. Кашни работник, вăл пысăк е пĕчĕк ĕçре ĕçлесен те, идея тĕлĕшĕнчен çÿлте тăмалла, политикăна лайăх ăнланмалла, культурăллă, дисциплинăллă çын пулмалла.

Совет учрежденийĕсенче партилле-политикăлла ĕçе лайăх йĕркелесе, совет служащийĕсене хăйсен ĕçĕнче ответлăха туйма, хăйсем тăвакан ĕç государствăшăн кирлĕ пулнине ăнланма воспитани памалла.

Парти райкомĕсемпе хула комитечĕсен совет учрежденийĕсенчи пуçламăш парторганизацисене хăйсен ĕçне йĕркелеме пулăшмалла, вĕсен сĕнĕвĕсене, вĕсем лартнă ыйтусене тимлĕн пăхса тухмалла.

Совет аппарачĕ хăй умĕнче тăракан пысăк задачăсене ăнăçлăн пурнăçласа пытăр тесен, парти организацийĕсен совет служащийĕсем хушшинче партилле-политикăлла ĕçе пур майсемпе те лайăхлатса пымалла, вĕсене партипе правительство панă директивăсене пурнăçа кĕртме мобилизацилемелле.

## СССР Верховнăй Совет Президиумĕн
## УКАЗĔ

### О. Д. Форш писательницăна Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденĕпе наградăласси çинчен

Илемлĕ литература енĕпе тава тивĕçлĕ ĕçсем тунăшăн Ольга Дмитриевна Форш писательницăна, вăл çуралнăранпа 80 çул тултарнă май, Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденĕ парса наградăлас.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ Н. ВОРОШИЛОВ.
СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ Н. ПЕГОВ.

Мускав, Кремль, 1953 çулхи майăн 28-мĕшĕ.

# Тăван çĕршывра

УКЕРЧĔКСЕМ ÇИНЧЕ: 1. Ленинградри И. Е. Репин ячĕпе тăракан живопись, скульптура тата архитектура институтĕнче. Çамрăк скульптор М. С. Алещенко «Çĕр çинчен калакан декрет» ятлă скульптура тунă. Çак ĕçшĕн М. С. Алещенкăна искусствоведени кандидачĕн ученăй степенне панă. М. С. Алещенко скульптура патĕнче. 2. Каспи тинĕсĕн тĕпĕнчен нефть кăлармалли вышкăсем. Нефтяниксем нефть кăлармалли çĕнĕ вырăнсем тупаççĕ.

(ТАСС фотохроники).

## Кузбаспа Донбасри горняксен ăмăртăвĕ

КЕМЕРОВО, майăн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Донбасри шахтерсемпе ăмăртса ĕçлесе, Кузнецски бассейнĕнчи горняксем çĕнĕ çитĕнÿсем тăваççĕ. Мĕнпур шахтăсенчен сурри ытла пилĕк уйăхри плана тултарнă. Халĕ «Беловуголь», «Молотовуголь», «Ленинуголь» тата «Кемеровуголь» трестсем июнь уйăхĕ шучĕпе çĕр кăмрăкĕ кăлараççĕ.

Ăмăртура «Черная гора» шахта малта пырать. Унăн коллективĕ обязательствăсене срокчен чылай малтан тултарнă, шахтерсен кунĕ тĕлне планран ирттерсе тата 10 эшелон çĕр кăмрăкĕ кăларма йышăннă.

«Ленинуголь» трестри Киров ячĕпе тăракан шахта Донбасри 1-мĕш номерлĕ «Центральная» шахтăпа ăмăртса ĕçлет. Вăл пысăк çитĕнÿсем тунă, пилĕк уйăхри плана срокчен 10 кун малтан тултарнă. Киров ячĕпе тăракан шахтăри горняксем майăн 29-мĕшĕ тĕлне заводсене планран ирттерсе 9 эшелон топливо ăсатнă.

## Казахстанра утă çулаççĕ

АЛМА-АТА, майăн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Казахстанри кăнтăр облаçĕсенче массăллăн утă çулма тытăннă. Гурьев облаçĕнчи машина-трактор тата выльăх-чĕрлĕх станцийĕсем пĕлтĕрхинчен вунă кун маларах утă çулма тухнă. Республикăра 100 пин гектар утă çулнă ĕнтĕ.

Самоходнăй сенокосилкăсемпе тата тракторта кăкарса ĕçлекен сенокосилкăсемпе кăçал 15 миллион гектар утă çулмалла. Ку вăл пĕлтĕрхинчен чылай нумайрах пулать.

Механизаторсем техникăпа тухăçлă ĕçлессишĕн, выльăх апачĕ хатĕрленĕ çĕрте йывăр ĕçсене комплексла механизацилессишĕн кĕрешеççĕ.

Бустанай облаçĕнчи Сулукуль совхозĕнче утă çулмалли агрегат тунă. Вăл çеçенхирти курăксене çулать, пухать, купасене купалать. Агрегата тăватă машина кĕрет: СТЗ-НАТИ трактор, сенокосилка, утă тураса пухса купалакан машинăсем. Çак агрегатпа усă курни ĕç тухăçлăхне икĕ хут ÿстерме, горючи расходлассине 1,5 хут чакарма май парать.

## Урюк пиççе çитнĕ

БУРГАН-ТЮБЕ (Таджик ССР-ĕ), майăн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Лайăх çанталăк тăни улма-çырласене хăвăрт пиççе çитме пулăшать. Черешня хыççăн урюк та пиççе çитнĕ. Чие çырли, алыча часах пулса çитеççĕ.

## Молдаври колхозсенчи ача çуратмалли çуртсем

КИШИНЕВ, майăн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Унгены районĕнчи Майăн 1-мĕшĕ ячĕпе тăракан колхозра ача çуратмалли çурт уçнă. Ку вăл кăçал уçнă ача çуратмалли çĕрĕмĕш çурт пулать. Районсенчи тата участоксенчи 200 больницăра ача çуратмалли уйрăмсем организациленĕ.

# Ыран колхозниксем çул-йĕр строительствинче ĕçлеме массăллăн тухаççĕ

## Паха çул-йĕршĕн

Тăвай районĕнчи колхозниксемпе çул-йĕр работникĕсем пуçарнипе ыран республикăра колхозниксем çул-йĕр строительствине массăллăн тухас ĕç пуçланать. Çул-йĕр строительстви — Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ халăх хуçалăхне аталантарас тĕлĕшпе кăларса тăратнă пысăк задачăсенчен пĕри. Çавăнпа колхозниксем çĕнĕ çул тăвас, киввисене юсас ĕçе хăйсен патриотла тивĕçĕ тесе шутлаççĕ. Тăвайсен пуçарăвне ырласа, вуншар колхозсем çул юсама, кĕпер тума, материалсем турттарма тытăнчĕç. Машинăсемпе çул тăвакан станцири (МДС) механизаторсем хушшинче государство планне срокчен тултарассишĕн, пур ĕçе те пысăк пахалăхпа тăвассишĕн ăмăрту сарăлса пырать.

Кăçал республикăра çĕнĕ çулсем, кĕперсем нумай тумалла, автомашинăсем çÿремелли пур çулсене те юсаса лайăхлатмалла. Çак задачăна чыслăн пурнăçласси пур колхозсем те ĕçе активлăн тата массăллăн хутшăннинчен, задание вăхăтра, пысăк пахалăхпа пурнăçлассишĕн социализмла ăмăртăва анлăн сарса пынинчен килет.

Советсен вырăнти органĕсем, КПСС райкомĕсемпе ялти пуçламăш парторганизацисем массăлла ĕçсем ирттерес тĕлĕшпе пысăк опыт туяннă. Çав паха опытпа çул-йĕр строительствинче усă курмалла. Агитаторсем, пропагандистсем, райсоветсемпе ял Совечĕсен депутачĕсем, коммунистсемпе комсомолецсем паха çулсен халăх хуçалăхĕнчи пĕлтерĕшĕ çинчен колхозниксене уççăн та тĕплĕн ăнлантарса пама тивĕçлĕ. Плана срокчен тултарассишĕн ял Совечĕсем, бригадăсем, çул-йĕр участокĕсем хушшинче социализмла ăмăрту анлăн сарăлтăр.

Колхозниксем çул çинче массăллăн ĕçленĕ вăхăтра çул-йĕр работникĕсен хăйсен ответлăхне ик-виç хут ÿстермелле. Кашни колхоз, бригада задани вăхăтра илтĕр, ăçта ĕçлемеллине тата ĕçе мĕнле тумаллине лайăх пĕлтĕр. Çул-йĕр пайĕсен заведующийĕсем, техниксем, десятниксем колхозниксене ĕçе тĕрĕс вырнаçтарса тухмалла, инструментсем çителĕклĕ тупса памалла, пур ĕçе те пысăк пахалăхпа туса пыма тимлĕн пулăшмалла.

Çул-йĕр управленийĕн, çул-йĕр пайĕсен тата çул-йĕр участокĕсен иртнĕ çулсенчи ситменлĕхсемпе йăнăшсенчен тивĕçлĕ вывод тумалла. Вĕсен ĕç хăй тĕллĕн пулса пырасса шанса тăмалла мар, ĕçре тĕл пулакан чăрмавсене сийĕнчех пĕтермелле, малта пыракансен опычĕпе меслетне пĕтĕçтерсе сармалла, йывăр ĕçсене механизацилене, машинăсемпе тата механизмсемпе туллин усă курма тăрăшмалла.

Республикăри çул-йĕр работникĕсем Мари тата Мордва республикисенчи çул-йĕр работникĕсемпе ăмăрту договорĕсем тунă. Çул-йĕр ĕçĕсем енĕпе виçĕ республика хушшинче пыракан ăмăртура малти вырăна тухассишĕн социализмла ăмăртăва анлăн сарăр!

## Плана чыслăн пурнăçлаççĕ

Вăрмар районĕ çул-йĕр строительстви планне тăтăшах ирттерсе тултарать. Юлашки çичĕ çул хушшинче 25 километр тăршшĕ чул сарса, 17 километр тăршшĕ вак чулпа грави сарса çĕнĕ çул тунă. Халĕ Вăрмартан Кавал тата Тикеш ял Совечĕсене кирек мĕнле çанталăкра та автомашинăпа çитме пулать. Вăрмарпа Тăвай, Вăрмарпа Куславкка хушшинчи çула юсаса лайăхлатнă, кĕперсем чылай тунă.

Кăçал Вăрмарпа Çĕрпÿ, Вăрмарпа Куславкка хушшинчи çулсем çинче пысăк ĕçсем тума палăртнă. Çул-йĕр ĕçне ăнăçлă пурнăçласси çинчен колхозсемпе ял Совет председателĕсен, пуçламăш парторганизаци секретарĕсен, çул-йĕр бригадирĕсен районти канашлăвĕнче сÿтсе яврăмăр. Тăвайсен чĕнĕвĕ çине ответлесе, строительство планне срокчен тултарма сăмах патăмăр. Çул тăвас, киввисене юсас ыйтăва колхоз правленийĕсен ларăвĕсенче, ял Совечĕсен сессийĕсенче сÿтсе явнă.

Кив Вăрмарти Ленин ячĕпе тăракан колхозри çул-йĕр бригади (бригадирĕ И. Романов юлташ) ял хушшинчи çула юсама 78 кубометр вак чул, кĕпер юсама йывăç хатĕрлерĕ; Вăрмарпа Çĕрпÿ хушшинчи çул çине сарма 50 кубометр чул кăларчĕ. Халĕ бригада çав чула турттарать. Бригада хăйне çирĕплетсе панă çул участокне яланах кăтартуллăн пăхса усрать.

Аслă Чакри «Ударник» колхоз членĕсем 600 кубометр чул кăларса хатĕрлерĕç. Арапуç ял Совечĕ пуçарнипе колхозниксем 40 кубометр чул кăларчĕç, Ара шывĕ çинчи кĕпере тĕпрен юсама материалсем хатĕрлеççĕ.

Анаткас ял Совечĕ çул хĕррине йывăçсем ытларах лартса ÿстерме тăрăшать. Ял Совечĕ пуçарнипе çуркунне пĕр километр тăршшĕ çул хĕррине йывăç лартнă, Енĕш шывĕ çинчи кĕпере юсанă. Лартнă йывăçсем лайăх чĕрĕлеççĕ. Районти кĕперсемпе трубасене юсама «30 лет Чувашии» колхоз членĕсем 300 фестметр йывăç касса хатĕрлерĕç.

Çулсем çинче ĕçлекенсене кирлĕ пек условисем туса парас тесе, куçса çÿрекен буфетсем, ларексем организациленĕ. Колхозниксем хушшинче массăлла-политикăлла ĕçе вăйлатса пыма КПСС райкомĕ чылай коммунистсемпе комсомолецсем уйăрчĕ. Вĕсенчен нумайăшĕ агитаторсем, стена хаçат редакторĕсем пулса ĕçлеççĕ.

Пирĕн районти колхозниксемпе çул-йĕр работникĕсем, Тăвай районĕнчи колхозниксемпе ăмăртса ĕçлесе, çул-йĕр строительстви планне срокчен ăнăçлăн пурнăçлама пулаççĕ.

И. ВОЛКОВ,
Вăрмар райсовет исполкомĕн председатель заместителĕ.

# Ачасен çуллахи канăвне организацилесси—комсомолăн пысăк ĕçĕ

*ВЛКСМ Центральнăй Комитечĕн секретарĕ З. П. Туманова каласа пани*

Пирĕн çĕршывра Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви пионерсемпе вĕренекен çамрăксемшĕн ывăнма пĕлмесĕр тăрăшаççĕ. Хальхи вăхăтра ачасем экзамен тытаççĕ. Умра — çуллахи савăнăçлă кану вăхăчĕ. Ачасене лайăх кĕтсе илме пионер лагерĕсем, туристсен базисем, стадионсем, парксем, шыв станцийĕсем, клубсем тимлĕн хатĕрленеççĕ.

Миллионшар шкул ачисем хула тулашĕнчи пионер лагерĕсенче канаççĕ. Вăрçă хыççăнхи пилĕкçуллăх вăхăтĕнче пионер лагерĕсене тытса тăма иллĕк миллиард тенкĕ ытла расход кăларнă. Кăçал çулла профсоюзсем 7 пине яхăн пионер лагерĕ уçаççĕ. Вĕсенче рабочисемпе служащисен ачисем 2.750 пин çын канĕç. Кăçал ачасен çуллахи канăвне ирттерме миллиард тенкĕ ытла расходлама палăртнă.

Çĕнĕрен пионер лагерĕсем тăвас ĕç анлăн сарăлса пырать. Кăçал пĕр сменăра 20 пин çын канмалăх пионер лагерĕсем туса пĕтереççĕ. Вологда пионерĕсем валли тăвакан лагерĕн малтанхи черетпе тумалли ĕçĕсене туса пĕтернĕ. Черноречёнски дачăра Омск хулинчи рабочисемпе служащисен ачисем валли лагерь тăваççĕ.

Магнитогорскинчи Сталин ячĕпе тăракан тимĕр-тăмăр комбиначĕ Уралти чи илемлĕ вырăнта пин çын валли лагерь тăвать. Челябинск хулинчи трактор заводĕнче ĕçлекенсен ачисем валли çакнашкал лагерь тума 7.700 пин тенкĕ укçа уйăрса панă. Кăçал электростанцисенче ĕçлекенсен ачисем валли пионер лагерĕсем тума 13 миллион тенке яхăн уйăрса параççĕ.

Ачасен çуллахи канăвне организацилесси — комсомолăн пысăк ĕçĕ. Кăçал комсомол организацийĕсем, халăха вĕрентес тата сывлăха сыхлас тĕлĕшпе ĕçлекен органсемпе пĕрле, çуллахи сезона хатĕрленме чылай маларах тытăнчĕç. Пĕтĕм хатĕрленÿ ĕçне парти организацийĕсем ертсе пынипе; совет органĕсен активлă пулăшнипе туса пынă. Партипе совет органĕсем пионер лагерĕсем нумайрах уçас, вĕсен ĕçĕсене лайăхлатас тесе пур майсемпе те тăрăшаççĕ.

Кадрсем вăхăтра хатĕрлесе çитерес тĕлĕшпе те кирлĕ ĕçсем туса ирттернĕ. Пионер лагерĕсенче ĕçлеме килĕшнĕ студентсене июнĕн 1-мĕшĕчен экзамен тытма ирĕк панă. СССР Культура министерствипе РСФСР Сутĕç министерстви педагогика институчĕсен иккĕмĕш курсĕсенче вĕренекен студентсен обязательнăй йĕркепе пионер лагерĕсенче практикăра пулмалла тунă.

Мĕнпур облаçсенче, крайсенче, республикăсенче пионер лагерĕсен начальникĕсен, аслă вожатăйсемпе отряд вожатăйĕсен семинарĕсем вĕçленсе пыраççĕ. Çавăн пекех тата физкультура руководителĕсен вунă кунлăх семинарĕсем пулса иртеççĕ.

«Молодая гвардия» издательстви вожатăйсемпе учительсене пулăшма кĕнекесем кăларать. Вăл шутра; «Пионерсен театрĕ», «Хулари лагерь», «Тăван çĕршыва вĕрен», «Лагерьти хор коллективĕ», «Чĕрчунсен шкулти тата лагерьти кĕтесĕ», «Пионĕр вăййисем» тата ыттисем те.

Хуласенче пионер лагерĕсем тăвасси çине уйрăмах тимлĕн пăхаççĕ. Вăл лагерьсенче хулара юлакан шкул ачисем канаççĕ. Мускав, Ленинград, Ереван, Новосибирск хулисенчи комсомол организацийĕсен опычĕ çакна кăтартса парать: хуласенчи лагерьсенче те ĕçе интереслă организацилеме май пур. Новосибирск хулинчи лагерьсенче кăçал 30 пин пионер тата шкул ачисем канаççĕ.

Сталинград хулинчи ачасем кăçал çуллахи канăва интереслă ирттереççĕ. Хулара 20 лагерь пулать. Сталинград облаçĕнче 20 пин ытла ача хула тулашĕнчи лагерьсенче канмалла. Пиншер вĕренекен ачасем туристсен путевкисем тăрăх тĕрлĕ вырăнсенче пулса кураççĕ.

ВЛКСМ Сталинград обкомĕ, краеведени музейĕпе пĕрле Тăван çĕршыв тăрăх экскурсисемпе походсем ирттерме интереслă маршрутсем туса хатĕрленĕ. Шкул ачисем Царицына хÿтĕленĕ чухнехи историлле вырăнсенче, Сталинграда хÿтĕленĕ кунсенчи паттăр çапăçусем пулса иртнĕ вырăнсенче, Павлов çуртĕнче, Мамай курганĕ çинче пулаççĕ. Вĕренекенсем çавăн пекех тата Атăлпа Дон хушшинчи В. И. Ленин ячĕпе тăракан канал тăрăх экскурсие каяççĕ. Облаçри пысăк тата пĕчĕк юханшывсем тăрăх ирттерекен эстафетăсене виçĕ пине яхăн шкул ачи хутшăнать.

Çĕршыври нумай хуласенче çуллахи çамрăк туристсен слечĕсем, физкультура ăмăртăвĕсем, юрă уявĕсем, художествăлла пултарулăх смотрĕсем, çамрăк авиамоделистсен ăмăртăвĕсем пулса иртеççĕ.

Кăçал аслă классенче вĕренекен çамрăксем халиччен лайăхрах канаççĕ. ВЦСПС йышăннă тăрăх, аслă классенче вĕренекен 100.000 çамрăк валли çуллахи кану организацилеме укçа-тенкĕ нумай уйăрнă.

Комсомол организацийĕсем ялти пионерсемпе шкул ачисен канăвне организацилесси çине тимлĕ пăхаççĕ. Пĕрлешнĕ пионер дружинисем тума шкулсем палăртса хунă. Иртнĕ çул çавăн пек дружинăсем 77.000 пулнă пулсан, кăçал вĕсен шучĕ чылай ÿсет.

Пĕрлешнĕ дружинăсенче ачасем валли кино кăтартас, вуланă кĕнекесем çинчен сÿтсе явас ĕçе, хуласене экскурсие каяссине организацилеççĕ. Вĕсем çавăн пекех тата шкулсенчи вĕренÿпе сăнав участокĕсенче, çамрăк натуралистсен кружокĕсенче ĕçлеççĕ. Ачасем колхозсене, совхозсене тырпул пухса кĕртме пулăшаççĕ.

Шкул тулашĕнчи ача учрежденийĕсен хуласенчи тата хула тулашĕсенчи пионер лагерĕсенче кирлĕ ĕçсем туса ирттерме анлă пулăшас пулать.

Часах пионер лагерĕсенче хĕрлĕ ялав вĕлкĕшме пуçлать. Халĕ чылай лагерьсенче çуртсене юсаса çитернĕ, лагерь территорийĕсене йĕркене кĕртнĕ, инвентарь туяннă. Çамрăксен лагерьсенче мĕн чухлĕ вăхăт пулмаллине палăртнă, апат валли укçа нумайтарах памалла тунă.

Лагерьсене хатĕрлесе çитерес ĕçе вăхăтра организацилени, хатĕрленÿ ĕçĕсене тĕрĕслесе тăни пирĕн çĕршыври пионерсемпе шкул ачисен канăвне сывлăхлă та культурăллă ирттерме кирлĕ мĕнпур условисене туса парать. (ТАСС).

## ПАРТИ ПУРНӐҪӖ

# Кандидатсемпе куллен ӗҫлесси — пуҫламӑш организацин тивӗҫӗ

Коммунистсен партийӗн XIX-мӗш съезчӗн решенийӗсене тата КПСС Уставӗн требованийӗсене пурнӑҫласа, Элӗк районӗнчи пуҫламӑш парторганизацисем чылайӑшӗ хӑйсен ӗҫне ҫӗнетрӗҫ. Вӗсен организаторла рolӗ ӳсрӗ, партилле-организацилле тата партилле-политикӑлла ӗҫӗ лайӑхланчӗ.

Районти «Правда», Молотов ячӗпе, Чкалов ячӗпе тӑракан колхозсенчи парторганизацисем хӑйсен ӗҫне чылай лайӑхлатнӑ. Парти пухӑвӗсене вӑхӑтра, идея тӗлӗшӗнчен ҫӳлӗ пусӑмра ирттереҫҫӗ, вӗсенче самокритикӑпа критикӑна анлӑн сараҫҫӗ. Ку организацисенче парти членӗн кандидачӗсене воспитани парас ӗҫе те чылай лайӑхлатнӑ. Вӗсенчен кашнинех парти порученийӗсем панӑ, вӗсен вӗренӗвӗпе ӗҫне куллен тӗрӗслесе тӑраҫҫӗ, парти членне кӗме хатӗрлеме пулӑшаҫҫӗ.

«Правда» колхозри парторганизацинче 8 кандидат пулнӑ. Шлыбин кандидата парти членне илнӗ. Александровпа Степанов кандидатсем ҫинчен сӳтсе явса, вӗсен кандидат стажне тӑснӑ. Халӗ вӗсем парти членне кӗме хатӗрленеҫҫӗ.

Парти Уставӗн 18-мӗш параграфӗнче ҫапла каланӑ: «Парти кандидачӗ парторганизаци ыраннӑ тесе йышӑнакан сӑлтавсене пула хӑйне ҫителӗклӗ палӑртма пултарайман пулсан, партин пуҫламӑш организацийӗ ӑна кандидат стажне пӗр ҫулталӑкран ытла мар сроклӑха тӑсса пама пултарать. Кандидатра тӑнӑ чухне парти кандидачӗ хӑйӗн пахалӑхӗсем тӗлӗшпе парти членӗ пулма тивӗҫлӗ марри палӑрсан, парти организацийӗ ӑна парти кандидатӗнчен кӑларасси ҫинчен решени йышӑнать».

«Молния», Сталин ячӗпе, Энгельс ячӗпе, Шверник ячӗпе тӑракан колхозсенчи тата райфори парторганизацисем парти кандидачӗсем ҫинчен сӳтсе явса, вӗсен кандидат стажне Устав хушнӑ пек тӑснӑ.

Парти Уставӗ кӑтартнӑ тӑрӑх, кандидат стажӗн срокӗ пӗр ҫулталӑк пулмалла. Ҫак хушӑра пуҫламӑш организаци парти кандидатне члена кӗме хатӗрлеме пулӑшмалла, ӑна ӗҫре тӗрӗслемелле, Уставпа паллаштармалла. Анчах Устав хушнине нумай парторганизацисем пурнӑҫламаннине пула, районта 81 кандидатран 58-шӗн кандидат стажӗ иртнӗ. Хӑшпӗрисем кандидатра вунӑ ҫул ытла тӑраҫҫӗ.

Районта парти кандидачӗсем нумайӑшӗ колхозсенчи организацисенче тӑраҫҫӗ. Сӑмахран, «Красная заря» колхозри парторганизацие илер. Кунта кандидатсем тӑваттӑн. Вӗсен пурин те кандидат стажӗ 10—11 ҫул шутланать. Вӗсемпе никам та интересленмест, вӗсене нимӗнле порученисем те памаҫҫӗ. М. Анисимов юлташ кандидатра 1942 ҫултанпа тӑрать. Вӑл хӑйӗн политикӑлла пӗлӗвне ӳстерессипе ӗҫлемест, парторганизаци ӗҫне активлӑн хутшӑнмасть. И. Дмитриев юлташ кандидатра 1944 ҫултанпа тӑрать. Вӑл та политкружок занятийӗсене ҫӳремест. Партипе государство дисциплинине сирӗплетессипе ӗҫре пример кӑтартмасть. Вӑл выльӑх-чӗрлӗх фермин заведующийӗ, анчах унӑн ӗҫне лайӑхлатасси ҫинчен шухӑшламасть. Кандидатсене воспитани парасси ҫинчен ӗҫлемеҫҫӗ.

Горький ячӗпе тӑракан колхозри парторганизацинче 3 кандидат. Виҫҫӗшӗн те кандидат стажӗ пӗр ҫултан иртнӗ. В. Иванов кандидат парти пухӑвӗсене ҫӳремест, политкружок занятийӗсене ним сӑлтавсӑрах сиктерет, пӗлтӗрхи декабрьтен пуҫласа член укҫи тӳлемен. Н. Тарасов, А. Иванов кандидатсем те парти пухӑвӗсене сайра хутра ҫӳреҫҫӗ. Пуҫламӑш организаци асӑннӑ кандидатсене вӗрентсе члена кӗме хатӗрлес енӗпе нимӗн те туман.

Парти членӗн кандидачӗсене воспитани парас енӗпе «Дружба», Свердлов ячӗпе, Киров ячӗпе тӑракан колхозсенчи, Бӗҫӗн Таванти территориллӗ парторганизацисем те ҫителӗксӗр ӗҫлеҫҫӗ.

Кандидатсене воспитани парасси парторганизаци партин шалти ӗҫне лайӑхлатнинчен нумай килет. Анчах хӑшпӗр пуҫламӑш организацисенче партилле-политикӑлла ӗҫе хаклаmаҫҫӗ, коммунистсен авангардлӑ ролӗнe, вӗсен пӗлӳлӗхне ӳстерес тӗлӗшпе начар ӗҫлеҫҫӗ. Сӑмахран, Киров ячӗпе тӑракан колхозри парторганизацинче иртнӗ ҫулта 5 пуху ҫеҫ ирттернӗ. Вӗсене пурне те райком хушнӑ тӑрӑх ирттернӗ. Парторганизаци колхоз хуҫалӑхне тӗреклетес енӗпе те начар ӗҫлет, коммунистсемпе партирӗ тӑманнисене колхоз умӗнче тӑракан задачӑсене пурнӑҫлама ҫителӗксӗр мобилизацилет. Партин шалти ӗҫне Свердлов ячӗпе тӑракан колхозри парторганизаци те тивӗҫлипе йӗркелемен.

Коммунистсене идея тӗлӗшӗнчен воспитани парас ӗҫ чи кирлӗ ӗҫ пулса тӑрать. Анчах районти хӑшпӗр парторганизацисем коммунистсене, уйрӑммӑнах ҫамрӑк коммунистсемпе парти кандидачӗсене, воспитани парас енӗпе ҫителӗксӗр ӗҫлеҫҫӗ. Райкомӑн пропагандӑпа агитаци пайӗ шутланӑ тӑрӑх, пур кандидатсем те политшкулсемпе кружоксенче вӗренеҫҫӗ. Ӗҫпе паллашни ҫакна кӑтартрӗ: хӑшпӗр кандидатсене парти вӗренӗвне пачах явӑҫтарман.

«Заветы Ильича», Свердлов ячӗпе, Шверник ячӗпе тӑракан колхозсенчи парторганизацисенчи Иванов, Малинов, Алексеев кандидатсем иртнӗ ҫултанпа нимӗнта та вӗренмеҫҫӗ. Райсовет исполкомӗнчи, «Самолет», Калинин ячӗпе тӑракан колхозсенчи организацисенче те политшкулсемпе кружоксен занятийӗсене йӗркеллӗн ирттермен, хӑшпӗр коммунистсем занятисене сиктерсе ҫӳренӗ.

Парти кандидачӗсен чылайӑшӗ колхозра тӑрӑшса ӗҫлет, партипе государство дисциплинине ҫирӗплетес ӗҫре пример кӑтартать, хӑйӗн политикӑлла пӗлӗвӗсене ӳстерессишӗн тӑрӑшать. Анчах, хӑшпӗр парторганизацисем кандидатсем ҫинчен манниине пула, вӗсем нумай ҫул хушши парти членне кӗме пултараймаҫҫӗ.

Парторганизацисен кандидатсем ҫинчен манмалла мар, вӗсене члена кӗме хатӗрлеме пулӑшмалла. Ку ҫеҫ те мар, пуҫламӑш организацисен кандидатсен члена кӳҫма хатӗрленес ответлӑхне куллен ӳстерсе пымалла. Парти кандидачӗ хӑй парти членӗ пулма тивӗҫ илессишӗн тӑрӑшмаллине пӗр самантлӑха та ан мантӑр, марксизм-ленинизм теорине яланах вӗрентӗр, ӗҫре паха тӗслӗхсем кӑтарттӑр.

Кандидат стажӗ пӗр ҫулталӑк тулсан, пуҫламӑш организаци вӑл кандидат ҫинчен парти пухӑвӗнче сӳтсе явмалла. Ку ыйтӑва районта хӑшпӗр пуҫламӑш организацисем ҫеҫ сӳтсе явнӑ. Кун пирки пуҫламӑш организацисен парти комитечӗ те ҫителӗксӗр ӗҫлет. Райком работникӗсем кандидатсемпе тӗл пулса калаҫмаҫҫӗ, пуҫламӑш организацисенче вӗсене мӗнле воспитани панипе интересленмеҫҫӗ. Март уйӑхӗнче КПСС райкомӗн пленумӗ парти кандидачӗсене ӗҫлессине лайӑхлатасси ҫинчен ыйтӑва сӳтсе явнӑ. Пленум ку ӗҫри ҫитменлӗхсене петерме ҫӗннӗ. Анчах КПСС райкомӗ пленум решенине пурнӑҫлассипе ҫителӗксӗр ӗҫлет. Пленум решенине кашни пуҫламӑш организацинех ярса панӑ пулнӑ, кун хыҫҫӑн райком пленум йышӑннӑ решенисене сӳтсе явнине сӳтсе явманнине тӗрӗслемен, ҫавна пула чылай пуҫламӑш организацисенче пленум решенийӗсене халӗ те сӳтсе явман.

**В. ИГНАТЬЕВ.**

## Юлашки почтӑран

### Малта пыракансен опычӗ-ши ку?

Пирӗн умра Комсомольски районӗнчи «Октябрь ялавӗ» хаҫатӑн 42-мӗш номерӗ. Унта «Заветы Ильича» колхозри Д. Степанов агротехникӑн «Эпир мӗнле майпа пысӑк тухӑҫ илме пултартӑмӑр» ятлӑ статьи пур. Статья ҫине «Малта пыракансен трибуни» тесе ҫырнӑ.

Заказ текен вӑрман айккинче колхозӑн 12 гектар усӑсӑр выртакан ҫӗр пулнӑ. 1951 ҫулхи кӗркунне ҫав ҫӗра тракторпа 20—22 сантиметр тарӑнӑш сухаланӑ та, унта выльӑх валли симӗс апат тума ыраш акса хӑварнӑ. Анчах ыраш кӗркунне шӑтмасӑр юлнӑ. Ҫӗр, вӑрлӑх ӗҫлени ҫинче кайӑксем ҫав тери пӑшӑрханнӑ.

Ыраш мӗншӗн шӑтмасӑр юлнӑ-ши: е вӑрлӑхӗн шӑтаслӑхӗ начар пулнӑ, е акмалли лайӑх мар хатӗрленӗ, е пӑрӗ лайӑх пулман, е вӑхӑтра акса хӑварман? Ун пирки автор пӗр сӑмах та ҫырман. Анчах сӑлтавӗ кунта — агротехникӑна пӑсниниче. Пуҫласа усӑ серем ҫине ыраш акмаҫҫӗ те.

Хӗл иртнӗ. Ҫуркунне. Ӳркенмеҫҫӗ ӗҫчен колхозниксем. Вӗсем, автор калашле, участока тепӗр хут культиваци тӑваҫҫӗ, икӗ-виҫӗ хутчен сӳрелеҫҫӗ те унта сортлӑ вир акса хӑвараҫҫӗ. «Акнӑ вир витӗнмесӗрех выртса юлчӗ», тет агротехник. Акнӑ вырӑна тимӗр шӑллӑ йывӑҫ сӳрепе сиҫӗнчӗх сӳреленӗ, темиҫе кунтан тата тепӗр хут сӳреленӗ. Вара вире тӑпрапа пӗтӗмӗшпех витсе хӑварнӑ иккен.

Мӗншӗн витӗнмесӗр аптратса ҫитернӗха ку вир колхозниксене? Паллах, алӑпа акнӑ. Автор ун ҫинчен шарлама хӑйман.

«Эпир ӑна тӑтӑшах сумласа, йӑран хушшисене кӑпкалатса тӑтӑмӑр», тенӗ статьяра. Алӑпа акнӑ участок ҫинче йӑран хушши пулнине кам курнӑ-ши?

«Социализмла ҫӗрӗҫ наукипе хӗҫпӑшалланса, хӑватлӑ техникӑпа туллин усӑ курсан, хуть те мӗнле ҫӗр ҫинче те, хуть те мӗнле ҫанталӑкра та пысӑк тухӑҫлӑ тырпул ҫитӗнтерме пулать», тенипе вӗҫленет статья. Тӗрӗс, ку сӑмахсемпе пурте килӗшеҫҫӗ.

Анчах статьяра социализмла ҫӗрӗҫ наукипе хӗҫпӑшалланни те, хӑватлӑ техникӑпа туллин усӑ курни те курӑнмасть. Пачах урӑхла: агротехникӑна пӑснине, хӑватлӑ техникӑпа пачах ҫителӗксӗр усӑ курнине кӑтартса панӑ унта.

«Малта пыракансен трибуни» урлӑ агротехникӑна пӑсакансене сӑмах пани — хаҫатӑн пысӑк йӑнӑшӗ.

### Корреспондентсемпе стена хаҫат редакторӗсен канашлӑвӗ

ВӐРНАР. Кунта стена хаҫачӗсемпе боевой листок редакторӗсен, районти «Социализм ҫулӗпе» хаҫатӑн корреспонденчӗсемпе вулаканӗсен канашлӑвӗ пулчӗ. «Социализм ҫулӗпе» хаҫат ӗҫне тата стена хаҫачӗсемпе боевой листоксем кӑларса тӑрассина лайӑхлатасси ҫинчен районти хаҫат редакторӗ Е. Волков юлташ доклад турӗ.

Хрущев ячӗпе тӑракан колхозри «Коммунизм ҫулӗпе» стена хаҫат редакторӗ Кошкин юлташ хӑйӗн ӗҫ опычӗпе паллаштарчӗ. Бу хаҫат 22-мӗш ҫул тухать, 1948 ҫултанпа кашни кун 5—6-шар экземпляр тухса тӑрать. Ӑна 9 ҫынтан суйланӑ редколлеги членӗсем улшӑнса кӑлараҫҫӗ. Колхоз ӗҫченӗсем хушшинче хаҫат авторитечӗ пысӑк. Унта колхозниксем йышлӑн ҫырса тӑраҫҫӗ. Хаҫатӑн пӗр номерӗнче 20—25 заметкӑран кая мар пулать. Ҫавӑн пекех Каганович ячӗпе тӑракан колхозри «Вӑйлӑ тырпулшӑн» стена хаҫат редакторӗ Захаров юлташ, «Майӑн 1-мӗшӗ» колхозри «Коммунизм ҫулӗпе» стена хаҫат редакторӗ Юркин юлташ хӑйсен ӗҫ опычӗсемпе паллаштарчӗҫ.

**Г. ПАВЛОВ.**

## Юрӑ праҫникӗ умӗн

# Халӑх пирӗнтен ҫӗнӗ юрӑсем кӗтет

Чӑваш халӑх музыки ҫав тери илемлӗ те пуян. Ҫавӑнпа та чӑваш халӑхӗ хушшинче чаплӑ юрӑҫсем нумай, вӗсем юррисене пур ҫӗрте те, пур чухне те илтме пулать.

Халӑх юрри-кӗввисене усӑ курни совет композиторӗсене халӑха анланмалла, илемлӗ произведенисем ҫырма пулӑшать. Пирӗн чӑваш композиторӗсем чӑваш халӑх юррисене ҫырса илес, вӗсене вӗренсе тӗпчес тӗлӗшпе сахал мар ӗҫлерӗҫ, хӑйсен чылай произведенийӗсене халӑх юрри-кӗввисемпе илемлетрӗҫ.

Чӑвашсен музыка культурин никӗсне хывнӑ Ф. Павлова В. Воробьев композиторсем хӑйсен творчествинче чӑваш халӑхӗн музыкӑлла фольклорӗпе анлӑн усӑ курнӑ, халӑх юррисене нумай ҫырса илнӗ, илемлетсе йӗркеленӗ. Ҫавӑнпа ӗнтӗ вӗсем йӗркеленӗ юрӑсене («Пирӗн урам», «Линька», «Пӑс таканлӑ», «Сӑвӑ», «Тӳнкки», «Кай, кай Ивана», «Килчен те курман Шупашкарне», «Туҫа хӗрсем», «Вӑрман урлӑ касрӑмӑр», «Колхоз хирӗнче» тата ыттисем те) чӑваш халӑхӗ яланах юратса юрлать.

Юлашки вӑхӑтра, уйрӑммӑнах вӑрҫӑ хыҫҫӑнхи ҫулсенче, юрӑ жанрӗ содержани енӗпе, форма енӗпе те малалла аталанса пычӗ. Пирӗн композиторсем ирӗклӗ пурнӑҫ телейлӗхӗ ҫинчен, Тӑван ҫӗршывӑн ивкам ҫӗнеймен вӑй-хӑвачӗпе халӑхсем хушшинчи туслӑх ҫинчен, аслӑ Сталинпа парти ҫинчен, мирлӗ пурнӑҫа хӳтӗлесе упрасси ҫинчен, комсомол ҫинчен тата лирикӑллӑ ҫӗнӗ юрӑсем сахал мар ҫырчӗҫ.

Ҫав юрӑсенчен чылайӑшӗ — «Шурӑ кӑвакарчӑн», «Ҫурхи хӗвел» (В. Воробьев музыки); «Тӑван ҫӗршыв», «Мир юрри» (Г. Лебедев музыки); «Сталин ҫинчен хывнӑ юрӑ», «Ҫамрӑклӑх», «Юрату вальсӗ» (Г. Хирбю музыки); «Ирхи Атӑл», «Вӑйӑ юрри» (А. Тогаев музыки); «Ҫирӗп миршӗн», «Ман бригада» (А. Токарев музыки); «Пире Сталин ырлӑх пачӗ», «Мирлӗ пурнӑҫшӑн», «Салам, Мускав!» (Ф. Лукин музыки) чӑваш халӑхӗ хушшинче анлӑн сарӑлса, халӑхӑн юратнӑ юррисем пулса тӑчӗҫ.

Юлашки ик-виҫӗ ҫул хушшинче пирӗн рете хутшӑннӑ П. Степанов, А. Галкин, Ю. Мясников ҫамрӑк композиторсем те чылай лайӑх юрӑсем ҫырчӗҫ.

Вырӑнти хор кружокӗсем юлашки вӑхӑтра хӑйсен репертуарне самодеятельнӑй композиторсем ҫырнӑ юрӑсемпе те чылай пуянлатрӗҫ. Вӗсенчен уйрӑмах ҫак юлташсене палӑртмалла: Слонов (Калинино районӗ), Скворцов (Канаш хули), Шадряков (Чкалов районӗ), Константинов (Муркаш районӗ) тата ыттисем те. Вӗсен йышӗ кунран-кунах ӳссе пырать.

Юлашки вӑхӑтра чӑваш композиторӗсем ҫырнӑ ҫӗнӗ юрӑсене пичетлес ӗҫ те самаях лайӑхланчӗ. 1952 ҫулта Чӑвашгиз икӗ сборник пичетлесе кӑларчӗ. Кӑҫал В. Воробьев, Г. Хирбю, Г. Лебедев тата Ф. Лукин ҫырнӑ юрӑсен кӗнекисем пичетленсе тухмалла. 1954 ҫулта ҫав кӗнекесен шучӗ татах ӳсет. Ку вӑл, паллах ӗнтӗ, чӑваш композиторӗсем ҫырнӑ ҫӗнӗ юрӑсене халӑх хушшинче анлӑн сарма хытӑ пулӑшать.

Юлашки ҫулсенче пирӗн республикӑра вырӑнти хор кружокӗсен йышӗ чылай ӳсрӗ. Ку пите те савӑнтарать. Анчах, калас пулать, вӗсен юрлас ӑсталӑхӗ пачах та ҫителӗклӗ мар-ха. Нумай хор кружокӗсем юррӑн иккӗмӗш сассине кӑна мар, кӗввине те тӗрӗс юрлаймаҫҫӗ. Час-часах композитор юрра хывнӑ шухӑша тӗрӗс кӑтартса параймаҫҫӗ. Пирӗн шутпа, юрлас ӑсталӑха ӳстересси халь хи вӑхӑтра вырӑнти хор кружокӗсен тӗп ӗҫӗ пулса тӑрать. Ку тӗлӗшпе пирӗн музыка енӗпе ӗҫлекенсен, вырӑнти хор кружокӗсене пулӑшас ӗҫе вӑйлатмалла, тӑтӑшах вырӑнсене тухса сӳресе кирлӗ пулӑшу памалла. Халӑх творчестви ҫурчӗ те ятти хор кружокӗсене ҫителӗклӗ пулӑшу параймасть. Музыкӑлла пултарулӑх пирӗн республикӑра пысӑк вырӑн йышӑнса тӑрать пулсан та, паян куна ҫитсе те халӑх творчестви ҫуртӗнче музыка енӗпе ӗҫлекен ҫын ҫук. Ку ӗнтӗ, чӑн та, тӗлӗнтерет!

Чӑваш композиторӗсен те тунӑ ӗҫсемпе хӑпланса ларма нимӗнле сӑлтав та ҫук. Тӳрех калас пулать, эпир юрӑсем нумай ҫыратпӑр пулсан та, халӑха килӗшекен хитре кӗвӗллӗ, тарӑн шухӑшлӑ юрӑсем сахал-ха. Халӑх пирӗнтен лайӑх, ҫӗнӗ юрӑсем кӗтет. Массӑлла юрӑсемпе пӗрлех пирӗн хорпа юрламалли, 3—4 сасӑллӑ йывӑр мар произведенисем ытларах ҫырмалла. Юрӑ жанрне форма тата тематика енӗпе те пуянлатма тӑрӑшмалла. Чӑн та, колхоз пурнӑҫӗпе колхоз ҫамрӑк-кӗрӗмӗ ҫинчен ҫырнӑ юрӑсем пирӗн нумай. Ҫав вӑхӑтрах рабочисен паттӑр ӗҫӗ ҫинчен, коммунизм стройкисем ҫинчен хывнӑ юрӑсем, хула пурнӑҫне кӑтартакан юрӑсем ҫукпа пӗрех темелле. Ку ӗнтӗ эпир халӑх умӗнче пысӑк парӑмра пулнине кӑтартса парать. Ҫавӑн пекех пирӗн шӳтлӗ юрӑсем те ҫукпа пӗрех. Шӳтлӗ юрӑсене халӑх юрлама та, итлеме те питӗ юратать. Иккӗн е виҫҫӗн (дуэт, трио) юрламалли юрӑсем пӗрре те ҫук. Халӑх пирӗнтен ҫав юрӑсене те ыйтать.

Пирӗн композиторсем нумайӑшӗ, уйрӑмах ҫамрӑксем, пуян та илемлӗ халӑх музыкипе хӑйсен творчествинче ҫителӗклӗн усӑ курма тӑрӑшмаҫҫӗ.

Халӑх юррисене ҫырса илес тата вӗсемпе профессиллӗ творчествӑра усӑ курас ӗҫе уйрӑмах вӑйлатмалла.

Пуринишӗн те паллӑ, юрӑра сӑмахсем те пысӑк вырӑн йышӑнса тӑраҫҫӗ. Юррӑн кӗвви темле аван пулсан та, юрӑ сӑмахӗсем начар пулсан, ҫавнашкал юрра халӑх юратмасть. Апла пулин те, хӑшпӗр композиторсем час-часах юрӑ музыкине начар сӑмахсем тӑрӑх ҫыраҫҫӗ. Ку вӑл пачах та тӗрӗс мар.

Юрӑ — пысӑк идейӑллӑ, тарӑн шухӑшлӑ, ҫын кӑмӑлне каякан, унӑн шухӑштуйӑмне хумхантарма пултаракан лайӑх сӑмахлӑ пулмалла.

Пирӗнтен халӑх ҫӗнӗ юрӑсем, лайӑх юрӑсем кӗтет. Ҫавна яланах асра тытса, композиторсен те, поэтсен те куллен тӑрӑшса ӗҫлес пулать.

Юрӑ праҫникӗ ҫывхарса килет. Ӑна лайӑх хатӗрленсе кӗтсе илмелле.

Вырӑнти хор кружокӗсем ӳшкӑнпа юрламалли юрӑсене вӗреннипе пӗрлех харпӑр хӑй тӗллӗн юрлама та ҫӗнӗ юрӑсем вӗренме тӑрӑшмалла.

Репертуара чӑваш тата вырӑс совет композиторӗсен юррисемпе пӗрлех халӑх юррисене те кӗртмелле.

Тӗп задача — юрӑсене тӗрӗс вӗренсе юрлас ӑсталӑха ӳстересси, репертуара ҫӗнетсе кружоксен ӗҫне ҫӗнӗ ҫынсем хутшӑнтарасси пулса тӑрать.

Вырӑнти хор кружокӗсен районти смотрта мала тухса, июлӗн 5-мӗшӗнче Шупашкарта республикӑри юрӑ праҫникӗнче пулма тӑрӑшмалла.

Юрӑ праҫникӗ республикӑри мӗнпур хор тата музыка кружокӗсен ӗҫне татах та ҫӳлӗ пусӑма хӑпартма, композиторсене халӑх валли лайӑх та ҫӗнӗ юрӑсем ҫырас ӗҫе куллен вӑйлатса пыма пулӑшӗ.

**Ф. ЛУКИН,**
Чӑваш совет композиторӗсен Союзӗн правлени председателӗ, Сталинла премие лауреачӗ.

## Шкулсенчи экзаменсем

# Чугун ҫул шкулӗсенче ачасене ҫирӗп пӗлӳ параймаҫҫӗ

КАНАШ. Экзаменсен малтанхи итогӗсем кашни шкул вӗренӳ ҫулӗнче мӗнле ӗҫленине кӑтартса пачӗҫ. Ҫутӗҫ министерствине пӑхӑнса тӑракан шкулсем вӗренекенсене ҫирӗп пӗлӳ парас тӗлӗшпе тӑрӑшса ӗҫлени курӑнать. Вуннӑмӗш классенче вӗренекенсенчен вырӑс чӗлхипе сочинени начар ҫырни пӗр ача та пулман. Вӗсем ытти предметсемпе те экзамен аван параҫҫӗ. Уйрӑмах учительсем хатӗрлекен институтӑн базовӑй шкулӗнче вӗренекен ачасене ҫирӗп пӗлӳ панине палӑртмалла. Ку шкулти чӑваш классенчи ачасем те вырӑс чӗлхине лайӑх вӗреннӗ.

Канашра чугун ҫул министерствине пӑхӑнса тӑракан тӑватӑ шкул пур. Экзаменсем ҫак шкулсенче вӗреннӗ ачасем пӗлӳ ҫителӗклӗ илейменнине кӑтартса параҫҫӗ.

Вагонсем юсакан заводри 49-мӗш номерлӗ шкулта тӑваттӑмӗш класра вӗреннӗ ачасенчен вуникӗшӗ вырӑс чӗлхипе диктант начар ҫырнӑ. 13-мӗшпе 29-мӗш номерлӗ шкулсенче те ачасене ҫирӗп пӗлӳ параймманни уҫҫӑнах курӑнать.

Калас пулать, ку шкулсенче нумай ачасене начар вӗреннӗ пирки пӗр класрах икӗ ҫул вӗренме хӑварнӑ е кӗркунне экзамен тытмалла тунӑ. Кун пеккисем 23-мӗш шкулта 160 ҫын, 29-мӗш шкулта 221 ҫын шутланаҫҫӗ. 13-мӗш шкулти 5-мӗш «А» класра 20 ача арифметикӑпа задача шутлайман. 29-мӗш шкулти 5-мӗш «В» класра 23 ача вырӑс чӗлхипе начар ҫырнӑ. Ытти классенче вӗренекенсем те хӑйсен пӗлӗвӗпе савӑнтараймаҫҫӗ.

Чугун ҫул шкулӗсенче экзамена кирлӗ пек йӗркелейменнине те палӑртмалла. Хӑшпӗр вӗренекенсем экзамена ҫӳремеҫҫӗ. Вӗсем экзамена пыман пулсан та, шкулта вӗсем экзамен пама ҫӳрениине пытарма тӑрӑшаҫҫӗ.

Кунта ҫитменлӗхсене пытарас йӑла йӑва ҫавӑрма пуҫлани чылай пулать ӗнтӗ. Чугун ҫул шкулӗсенче ачасене ҫителӗклӗ пӗлӳ параймманни ҫитменлӗхсене пытарса тӑнинчен те нумай килнӗ. Хӗлле ачасен пӗлӗвне тӗрӗсленӗ хыҫҫӑн 29-мӗш шкулта вӗренекенсенчан 28 процентӗ вӗренӳре ӗлкӗрсе пыраймманни палӑрнӑ. Шкул директорӗ А. Буршева юлташ Хусан чугун ҫул управленийӗн вӗренӳ пайне вӗренӳре ӗлкӗрсе пыраймманнисен хисепне чакарса пӗлтернӗ. Ҫитменлӗхне пытарас шутпа 13-мӗш шкул директорӗ П. Перелыгин партин хула комитечӗн представительне Васильев юлташа ачасем экзамен тытнӑ ҫӗрте пулма ирӗк паман.

Чугун ҫул шкулӗсенче ачасене ҫирӗп пӗлӳ параймманни ытти сӑлтавсенчен те килнӗ. Учительсем хушшинче ӗҫлӗ туслӑх ҫук. Вӗсем, ачасене воспитани парас тӗлӗшпе тӑрӑшса ӗҫлес вырӑнне, пӗр-пӗринпе ытларах тавлашаҫҫӗ. Классен руководителӗсене пӗрмаях улӑштараҫҫӗ: 13-мӗш шкулти 5-мӗш «А» класӑн руководителӗ хӗл каҫиччен виҫӗ хут улшӑннӑ. Ҫавӑнпа вӑл класра вӗренӳ пахалӑхӗ те, дисциплина та питӗ япӑх.

Педагогсен коллективне вӗренӳ пахалӑхне лайӑхлатас, дисциплинӑна ҫирӗплетес тӗлӗшпе кӗрешме мобилизацилемен. Ачасен ашшӗ-амӑшӗсемпе алла-аллӑн тытӑнса, пӗр-пӗрне ӑнланса ӗҫлени те пулман. Шкул хулари партипе совет организацийӗсенчен уйрӑлса кайнӑ.

Ҫакӑн пек сӑлтавсене пула ӗнтӗ Канашри чугун ҫул шкулӗнче вӗренекенсем ҫирӗп пӗлӳ илеймен.

**П. ЩИПЦОВ.**
(Хамӑр корр.).

# Тырпула лайӑх пӑхса ӳстерессишӗн

Республикӑри колхозсем кӑҫал ҫуракине пӗлтӗрхинчен лайӑхрах ирттерчӗҫ, тӑванла Мари тата Мордва республикисемпе пыракан социализмла ӑмӑртура малтанхи ҫитӗнӳ турӗҫ. Анчах ҫурхи тырӑсене ӑнӑҫлӑ акса хӑварни вӑйлӑ тырпулшӑн пыракан кӗрешӳри малтанхи тапхӑр кӑна-ха. Умра ҫураки пекех ответлӑ ӗҫсем тӑраҫҫӗ: тырпула — кӗрхи, ҫурхи тырӑсене, тымарҫимӗҫсемпе ҫӗрулмине тата техникӑлла культурӑсене тимлӗн пӑхса ҫитӗнтермелле.

Ыраша кӗрхи тулӑ, нумай ҫул ӳсекен курӑксем акнӑ тата ир акакан ҫуртри пуссисенче халех ӗнтӗ ҫумкурӑксем курӑнкалама пуҫларӗҫ. Пысӑк тухӑҫлӑ тырпул туса илме тӑрӑшакан колхоз руководителӗсем ҫумкурӑксене ҫиӗнчӗх ҫумлаттарма тытӑнчӗҫ.

Вӑйлӑ тырпул ҫитӗнтерессишӗн кӗрешсе, калчасене пур ҫӗрте те агрономи наукин вӗрентнӗ пек пӑхса ҫитӗнтермелле. Ҫураки ирттернӗ хыҫҫӑн вӑхӑта ахаль сая яракан ялхуҫалӑх пайӗсемпе МТС руководителӗсем йӑнӑш тӑваҫҫӗ. Уйрӑммӑн илсен, ку енӗпе Етӗрне, Комсомольски, Калинино, Куславкка, Тӑвай районӗсене асӑрхаттармалла. Унти уй-хирсенче армути, хура ҫаран курӑкӗ, пиҫен тата ытти ҫумкурӑксем те ӳсеҫҫӗ пулин те вӗсене пӗтерме васкамаҫҫӗ. Шупашкар, Октябрьски, Хӗрлӗ Чутай, Чкаловски районӗсенчи, ҫавӑн пекех ытти районсенчи колхозсен хирӗсенче те ҫумкурӑксем сахал мар.

Кӗрхи ыраш калчисене тата нумай ҫул ӳсекен курӑксене ҫумкурӑксенчен тасатма тӑхӑм вӑхӑт ҫитнӗ. Малтан акса хӑварнӑ ҫуртри пуссисенче те ҫумлама тытӑнмалла.

Культурӑсем ӳсентӑрансене ҫумкурӑксем пысӑк сиен кӳнине пурте пӗлеҫҫӗ. Вӗсем тӑпраран нӳрӗ тата тырпула кирлӗ япаласем нумай илеҫҫӗ, тырпула ӳсме аталанма хытӑ чӑрмантараҫҫӗ, тырпул патне ҫутӑ пыма кансӗрлеҫҫӗ, ҫав вӑхӑтрах тата сиен кӳрекен хурт-кӑпшанкӑсемпе чирсене сарма пулӑшаҫҫӗ. Ҫумкурӑксем ҫав тери хытӑ хунаҫҫӗ. Пӗр туна пукра 2.500 пӗрчӗ, армути 102 пин пӗрчӗ вӑрӑ парать. Ҫавӑн пек хунаса, ҫумкурӑксем тырпула сиенлеҫҫӗ.

Республикӑри малта пыракан колхозсен опычӗ кӑтартса панӑ тӑрӑх, ҫумкурӑксене ҫиӗнчӗх ҫумласа пӑрахсан, вир тухӑҫлӑхӗ гектар пуҫне сахалтан та 2—3 центнер ытларах пулать. Ку вӑл ытти тырпулшӑн та ҫавӑн пекех. Тулӑ, уйрӑмах сӗлӗ пуссинче пиҫен хӑвӑрт ӳссе ҫитет, унӑн вӑррисем килограмшар таран саланма пултараҫҫӗ. Вара пиҫен ытти пусӑсенче те ӗрчесе каять. Пиҫен ҫумланӑ хыҫҫӑн та хунать пулсан, унӑн чечек пуххине ҫурлапа вырса е ҫавапа ҫулса пӗтермелле.

Йӑрӑм тавраш ӗнче, ҫулсем хӗрринче тата ахаль выртакан ҫӗр ҫинче ҫумкурӑксем уйрӑмах вӑйлӑ хунаса каяҫҫӗ. Вара кунта тырпула сиен кӳрекен хурт-кӑпшанкӑсем те ытларах пулаҫҫӗ. Ҫавӑн пек вырӑнсенче ҫумкурӑксене чечеке ларичченех пӗтӗмпех ҫулса пӑрахмалла.

Хӑшпӗр колхозсен председателӗсем ӗҫкунӗсем ытлашши тӑкакласа мар тесе ҫумкурӑксене ҫумлаттармаҫҫӗ. Кун пек туни тӗрӗс пулмасть. Тырпула ҫумкурӑксенчен тасатма ӗҫлеме пултаракан мӗнпур колхозниксене хутшӑнтармалла. Колхозниксене ӗҫ норми ҫинчен лайӑх ӑнлантарса памалла, ӗҫӗн чӗрсе тӳлемелле. Ӗҫе уйрӑм сдельщина тата пӗчӗк ушкӑнлӑ сдельщина тӑрӑх йӗркелемелле.

Колхоз руководителӗсен ӗҫ пахалӑхне тӑтӑшах тӗрӗслесе тӑмалла. Унсӑрӑн уйхирте ҫумкурӑксем нумай юлма пултараҫҫӗ. Вӗсем, тырпула сиен кӳнисӗр пуҫне, кайран комбайнсемпе ӗҫлеме кансӗрлеҫҫӗ, ӗҫ тухӑҫлӑхне чакараҫҫӗ. Кун пек чухне тӑваксем нумай пулаҫҫӗ. Пиҫенӗн вӑрӑллӑ симӗс хупписем комбайн бункерне лексен тырпула чӗрӗлтереҫҫӗ, ӑна хӗртсе ярса пӑсма пултараҫҫӗ.

Ҫумласа тасатнӑ участоксене колхозниксенчен бригадирсен, бригадирсенчен колхоз председателӗн куллен йышӑнса тӑмалла.

Тӗштырӑсен, техникӑлла культурӑсен, тымарҫимӗҫсемпе пахча ҫимӗҫсен тата ҫӗрулми тухӑҫлӑхне ӳстерес ӗҫре вӗсене удобренисемпе апат пани пысӑк вырӑн йышӑнса тӑрать. Тӑпрара кирлӗ япаласем ҫителӗксӗр чухне калчасем ишӗрленсе ӳсеҫҫӗ, пысӑк тухӑҫлӑх параймаҫҫӗ. Калча мӗн чухлӗ вӑйларах, апат та ҫавӑн чухлӗ ытларах кирлӗ.

Малта пыракан колхозсем калчасене апат парса тырпул тухӑҫлӑхне гектар пуҫне 2—3 центнер тата унтан та ытларах ӳстереҫҫӗ. Апат парас ӗҫе кашни ӳсентӑранӑн уйрӑмлӑхне шута илсе йӗркелемелле. Ҫурхи тулла виҫӗ хут апат памалла: тӗмӗленнӗ вӑхӑтра, туна кӑларнӑ чухне тата пучах кӑларнӑ вӑхӑтра. Ҫурхи тулла, ҫавӑн пекех ытти пучахлӑ тырӑсене малтанхи хутӗнче кашни гектар пуҫне азот 25—30 килограмм, фосфор кислоти 30 килограмм, кали оксичӗ 20 килограмм параҫҫӗ; иккӗмӗш хутӗнче азот — 15—20 килограмм, фосфор кислоти — 15—20 килограмм; виҫҫӗмӗш хутӗнче азот — 10 килограмм, кали оксичӗ — 25 килограмм. Калчана пӗтӗмпе икӗ хут ҫеҫ апат панӑ чухне малтанхи хутӗнче (тӗмӗленес умӗн) калчана кирлӗ пур япаласене те парсан аван, тепӗр майлӑ калласан, кашни гектар ҫине 30—40 килограмм азот, 30 килограмм фосфор кислоти, 45—50 килограмм кали оксичӗ, иккӗмӗш хут апат панӑ чухне (туна кӑларас умӗн) 20 килограмм азот, 15 килограмм фосфор кислоти памалла. Вире илес пулсан, ӑна юлашки хутӗнче (шерепеленнӗ вӑхӑтра) фосфорлӑ удобрени анчах памалла (гектар пуҫне 20—30 килограмм фосфор кислоти).

Калчасене апат пама вырӑнти удобренисемпе те анлӑн усӑ курмалла. Ҫурхи тулла тата ытти тӗштырӑсене, гектар ҫине куҫарса шутласан, 5—6 тонна тислӗк шӗвекӗ параҫҫӗ. Ӑна малтан шывпа хутӑштараҫҫӗ (пӗр витре шӗвеке 3—4 витре шыва). Кайӑк-кӗшӗк тислӗкне типӗтсе те, шывпа хутӑштарса та сапма юрать. Вӑл кашни гектар валли 2—3 центнер кирлӗ. Кӗле илес пулсан, ӑна гектар ҫине 4—5 центнер сапаҫҫӗ.

Минераллӑ удобренисемпе ӳсентӑрана ялан пекех типӗлле апат параҫҫӗ. Кашни гектар валли суперфосфат 1—2 центнер, хлорлӑ кали 0,8—1,2 центнер, аммиак селитри 0,6—1 центнер кирлӗ. Ҫак нормӑсемпе усӑ курасси калча мӗнле ӳссе аталаннинчен, тырпул акиччен хире мӗн чухлӗ удобрени кӑларнинчен килет. Калча вӗтеленсе каяссинчен сыхланма апат парас ӗҫе сывлӑм типсен туса ирттермелле. Удобренисене лайӑх вӗтетсе пусӑ тӑрӑх пӗр тикӗс сапса тухмалла.

Пропашной культурӑсене пӑхса ҫитӗнтернӗ чухне ретсем хушшине кӑпкалатса ҫемҫетесси пысӑк вырӑн йышӑнать. Тымарҫимӗҫсен речӗсем хушшине сулӑсемпе хупланса ларичченех кӑпкалатса тӑмалла. Тымарҫимӗҫсене сайралатасси те пысӑк ӗҫ. Сайралатнӑ хыҫҫӑн кашни гектар ҫинче выльӑх кӑшманӗ 80—100 пин тӗп, турнепс 100 пин тӗп, выльӑха ҫитерекен кишӗр 160—170 пин тӗп юлмалла. Тымарҫимӗҫсене сайралатас ӗҫе вӑхӑтра туса ирттерни кирлӗ, кая юлсан вӗсен тухӑҫлӑхӗ, уйрӑмах выльӑх кӑшманӗн тухӑҫлӑхӗ, хытӑ чакать.

Ҫӗрулми мӗнле аталанса ӳснине кура вӑл шӑтса тухсан е сӳрелемелле е кӑпкалатса тухмалла тата купаламалла. Тӗмӗсем 18—20 сантиметр ҫӳлӗш ӳссен ҫӗрулмине купалама тытӑнаҫҫӗ. Анчах ҫакна асра тытмалла: тӑпрара нӳрӗ сахал пулсан, ҫанталӑк типӗ тӑнӑ чухне купалама юрамасть, кӑпкалатса кӑна ҫемҫетмелле, купалас ӗҫе вара ҫумӑр ҫителӗклӗ пулнӑ хыҫҫӑн тин туса ирттермелле.

Пропашной культурӑсене апат парасси питӗ кирлӗ ӗҫ пулса тӑрать. Ӑна ретсем хушшине кӑпкалатнӑ вӑхӑтра туса ирттермелле. Ҫӗрулмине апат пама чи малтан вырӑнти удобренисемпе усӑ курмалла. Кашни гектар ҫӗрулми ҫине тислӗк шӗвекӗ 5—10 тонна, кайӑк-кӗшӗк тислӗкӗ (типӗлле) 5—8 центнер, минераллӑ удобренисенчен аммони сульфатне 1—1,5 центнер, аммиак селитрине 0,7—1 центнер, хлорлӑ калине 0,7—0,8 центнер, суперфосфата 1—1,5 центнер кӑлармалла.

Пысӑк тухӑҫлӑ махорка туса илес тесен, вегетаци вӑхӑтӗнче ретсем хушшине сахалтан та 4 хут кӑпкалатса ҫемҫетмелле. Малтанхи хут ӑна лартнӑ хыҫҫӑн 5—6 кунтан 5—7 сантиметр тарӑнӑш, иккӗмӗш хут 8—10 кунтан 10—12 сантиметр тарӑнӑш (ҫав вӑхӑтрах ҫумкурӑксене ҫумламалла), виҫҫӗмӗш хут унччен кӑпкалатни 10—12 кун иртнӗ хыҫҫӑн кӑпкалатса тухмалла. Вегетаци вӑхӑтӗнче махоркӑн ытлашши турачӗсене 4—5 хутран кая мар иртмелле.

Махоркӑн чечек пуххийӗсене — сулӑсса иртсе тӑмалла, талкӑшпех чечеке ларассине кӗтсе тӑмалла мар. Ҫав ӗҫе пурнӑҫланӑ вӑхӑтрах аялти ватӑлса пӗркеленнӗ сулӑсене тата сӳлти ытлашши сулӑсене татса пӑрахмалла.

Махоркӑна вырӑнти удобренисемпе апат парас пулсан, кашни гектар ҫине 2,5—4 тонна фекали е 3—4 тонна ӗне тислӗкӗ, е 10—12 центнер кайӑк-кӗшӗк тислӗкӗ, е 5—6 тонна тислӗк шӗвекӗ (500—600 витре шывпа хутӑштарса), е 4—5 центнер кӗл кирлӗ. Минераллӑ удобренисемпе апат панӑ чухне аммони сульфатне 1—1,5-шер, центнер, суперфосфата 1—1,5-шер центнер, хлорлӑ калие 0,7—1-шер центнер илеҫҫӗ.

Ыраш, кантӑр, вир, хуратул, люцерна тухӑҫлӑхне искусственнӑй майпа шӑркалантарни чылай ӳстерет. Ҫав майпа усӑ курни вӑрлӑх хуҫалӑхӗшӗн уйрӑмах пысӑк вырӑн йышӑнать, мӗншӗн тесен кун пек чухне тырпул тухӑҫлӑхӗ ӳснипе пӗрлех унӑн пахалӑхӗ те лайӑхланать. Тырпула искусственнӑй майпа шӑркалантарас ӗҫе кӑҫал колхозсенче анлӑн организацилемелле.

Тырпул тухӑҫлӑхне ӳстермелли агротехникӑлла ӗҫсене пурнӑҫланӑ вӑхӑтрах, ялхуҫалӑхне сиен кӳрекен хурт-кӑпшанкӑсемпе кӗрешме кирлине те манса хӑварма юрамасть. Пур колхозсен те ядохимикатсем, вӗсене сапмалли хатӗрсем ҫителӗклӗ туянмалла.

Тырпула лайӑх пӑхса ҫитӗнтермелли ӗҫсене ытларах механизацилес пулать, тракторсемпе тата лашасемпе ытларах ӗҫлемелле. Анчах чылай районсенче механизмсемпе сахал усӑ кураҫҫӗ. Сӑмахран, тракторпа ӗҫлемелли культиваторсемпе сахал усӑ кураҫҫӗ. Сарлака ретпе акнӑ ӳсентӑрансен хушшине кӑпкалатса ҫемҫетме культиваторсемпе пур ҫӗрте те анлӑн усӑ курмалла.

Вӑйлӑ тырпулшӑн пыракан социализмла ӑмӑртура пӗтӗмӗшле ҫитӗнӳ тӑвассишӗн кӗрешесси — ял ӗҫченӗсен чыслӑ тивӗҫӗ. Ялхуҫалӑх органӗсен мӗнпур колхозниксене виҫӗ республика хушшинче пыракан ӑмӑртура хамӑр республикӑна малти рете кӑларма мобилизацилемелле.

**Н. КОПЫЛОВ,**
агроном.

# Ыран—Ачасене хӳтӗлемелли пӗтӗм тӗнчери кун

## Ачасен библиотекинче

Шупашкарти А. Гайдар ячӗпе тӑракан ачасен библиотекинче.
УКЕРЧЕК ҪИНЧЕ: Л. А. Серенкова библиотекарь ачасене кӗнеке парать.

М. ЕГОРОВ фотоӳкерчӗкӗ.

Шупашкарти пионерсен ҫурчӗн иккӗмӗш хутне хӑпарсан эсир пӗр пысӑках мар зала кӗретӗр. Кунта шкул ачисен пурнӑҫӗпе вӗренӗвне кӑтартакан картинӑсем, вырӑссен паллӑ писателӗсен произведенийӗсемпе халӑх юмахӗсем тӑрӑх тунӑ илемлӗ ӳкерчӗксем. Залри дивансемпе ҫемҫе пукансене чӑлт шурӑ ҫивиттисемпе витнӗ. Пысӑк чечексем ешӗреҫҫӗ. Кунта ачасем нумай пулин те залра шӑп. Пурте вулаҫҫӗ.

Залӑн пӗр енче вӑрӑм коридор. Кунти стенасем ҫинче тӗрлӗ витринӑсемпе стендсем. Вӗсенчен пӗрин ҫинче халӑхсен аслӑ ҫулпуҫӗсен В. И. Ленинпа И. В. Сталин пурнӑҫӗпе ӗҫӗсене кӑтартакан кӗнекесем, фотоӳкерчӗксем. Вӗсем наука, вӗренӳ ҫинчен каланӑ вилӗмсӗр сӑмахсем. Юнашарах «Вырӑссен наука ҫыннисем» ятлӑ витрина. Унта М. В. Ломоносов, Д. И. Менделеев, К. А. Тимирязев, А. С. Попов, И. В. Мичурин, К. Э. Циолковский тата ыттисем те. Вӗренме, пур тӗрлӗ наукӑсене алла илсе, Тӑван ҫӗршыв, тӑван халӑх ырлӑхӗпе мухтавӗшӗн ырми-канми ӗҫлеме чӗнеҫҫӗ вӗсен вилӗмсӗр сӑмахӗсем.

Юнашар пӳлӗмре ачасен юратнӑ писателӗ А. Гайдар ячӗпе тӑракан библиотеки вырнаҫнӑ. Пӗркерен лартса тухнӑ пысӑк шкафсенче вуншар пин кӗнеке. Библиотекӑра куллен ҫӗршер ача пулать.

— Мария Гавриловна, «Икӗ капитан» кӗнеке питӗ килӗшрӗ. Халӗ мана «Арктический полет» кӗнекене тупса парӑрха,—тет ҫиччӗмӗш класра вӗренекен Коля Налимов.

— Мӗнрен килӗшрӗ, кӗскен каласа парӑр,—ыйтать Мария Гавриловна Зудина юлташ.

Коля Налимов хӑйӗн юлташӗсене кӗнекере мӗн ҫинчен ҫырнине, унти геройсем ҫинчен кӗскен те ӑнланмалла каласа парать. «Тӑван ҫӗршыва юратма, тӗллев патне хӑюллӑн ҫитме, туслӑхпа юлташлӑха ҫирӗплетме вӗрентекен кӗнеке», тет вӑл. Унтан хӑй ыйтнӑ кӗнекене илсе тухать. Ун хыҫҫӑн Нина Галкина, Вера Андреева тата ыттисем те юратнӑ кӗнекесене илеҫҫӗ.

— Лайӑх вуласа тухӑр, мӗн ҫинчен ҫырнине, хӑвӑр шухӑшӑра каласа пама пӗлӗр,—тесе ӑсатать вӗсене М. Г. Зудина юлташ.

Кулленех ҫакӑн пек. Хулари пур шкулсенче вӗренекенсем те ҫӳреҫҫӗ кунта. Пӗрисем кӗнекесем улӑштарса илеҫҫӗ, теприсем халӗ кӑна ҫырӑнаҫҫӗ. Библиотекӑран ялан кӗнекесем илсе вулакансен хисепӗ икӗ пин ачаран иртнӗ.

Библиотекӑра ӗҫлекенсем ачасене кӗнекесем улӑштарса панипех ҫырлахмаҫҫӗ. Вӗсем ҫӗнӗ кӗнекесене пропагандӑлас, кӗнекене юратма вӗрентес, ачасене вӗренӳре пулӑшас тӗлӗшпе те чылай ӗҫлеҫҫӗ. Ҫав майпа кунта вулакансен конференцийӗсем, литература утренникӗсем, конкурссем пулса иртеҫҫӗ. Нумаях пулмасть «Пионер сӑн-сӑпачӗ совет литературинче», «Кӗнеке—санӑн тусу» тата ытти темӑсем тӑрӑх вулакансен конференцийӗсем пулнӑ. Вӗсенче вуншар ача тухса каланӑ.

Ача-пӑча кӗнекисен эрнинче библиотека хӑйӗн ҫамрӑк вулакансем ача-пӑча писателӗсемпе тӗл пулассине организациленӗ. Ачасем писательсене хӑйсене килӗшнӗ кӗнекесем ҫинчен, малашне мӗнле кӗнекесем кӗтни ҫинчен каласа панӑ.

Пионерсен ҫурчӗпе пӗрле ирттернӗ лайӑх вулакансен конкурсне вуншар ача хутшӑннӑ. Вӗсем аслӑ ҫулпуҫӑмӑр В. И. Ленинпа И. В. Сталин ҫинчен, Тӑван ҫӗршыв, парти, мир ҫинчен ҫырнӑ произведенисене ӑста вуласа панӑ.

Халӗ, ҫу кунӗсем ҫитнӗ май, библиотека хӑйӗн ӗҫне хуларн ачасен паркне куҫарнӑ. Кунта ятарласа павильон тунӑ. Л. Серенкова библиотекарь ертсе пынипе ачасем хушшинче тӗрлӗ кӗнекесене пӗрлешсе вулаҫҫӗ, сӳтсе яваҫҫӗ.

Библиотека ачасен юратнӑ вырӑнӗ. Вӗсем унта юратнӑ кӗнекесене тупса вуласа хӑйсен пӗлӗвӗсене пуянлатаҫҫӗ.

Халӗ пирӗн республикӑри хуласемпе район центрӗсенче ачасем валли ятарласа 15 библиотека уҫнӑ. Кӑҫал тата икӗ библиотека—Комсомольскипе Хӗрлӗ Чутайра ӗҫе кӗмелле. Библиотекӑсенчи кӗнекесен хисепӗ ҫултан ҫул нумайлатса пырать. Ҫак ӗҫ валли кӑҫал государство вуншар пин тенкӗ укҫа уйӑрса панӑ.

Н. МИНИН.

## Аслӑ Сталинран салам илнӗ шкулта

Шупашкарти хӗрачасен 3-мӗш вӑтам шкулӗнче хумханулла та асран кайми вӑхӑтсем час-часах пулаҫҫӗ.

Шкула кӗретӗн. Умра вӑрӑм та аслӑ коридор. Чӳречесен умӗнче ешӗл чечексем. Стенасем ҫинче Ленинпа Сталинӑн, партипе правительство руководителӗсен портречӗсем. Хӗрлӗ хӑмач ҫине ҫырнӑ лозунгсем пионерсемпе шкул ачисене экзаменсене лайӑх тытма чӗнеҫҫӗ. Кунтах плакатсем, пионер дружинипе отрядсен стена хаҫачӗсем, экзамен тытмалли расписани.

Ҫак плакатсемпе лозунгсем хушшинче куҫа илӗртсе, вӗренӳре вӑй-хӑват парса тӑракан, пуриншӗн те питӗ хаклӑ документ курӑнса тӑрать. Вӑл халӑхсен аслӑ ҫулпуҫӗ Иосиф Виссарионович Сталин ҫак шкулта вӗренекен хӗрачасем патне янӑ саламлӑ телеграмма. Хӗрачасем ҫулпуҫӑн саламлӑ телеграммине кантӑклӑ рама ӑшне илемлетсе хунӑ.

Ку ӗҫ Аслӑ Отечественнӑй вӑрҫӑ вӑхӑтӗнче, пирӗн паттӑр халӑх нимӗҫ фашисчӗсене хирӗҫ кӗрешнӗ ҫулсенче, пулнӑ. Ҫак шкулта вӗренекен хӗрачасем, фронта пулӑшас тесе, «Ачасен телейлӗ пурнӑҫӗшӗн» ятлӑ танк тума 15 пин те 860 тенкӗ укҫа пухса панӑ. 1943 ҫулта Иосиф Виссарионович Сталин ҫак ӗҫшӗн хӗрачасене ырӑ сунса, тав туса саламласа телеграмма янӑ.

Ҫулпуҫ саламӗ. Мӗн тери хаклӑ вӑл! Коридор тӑрӑх иртсе пынӑ май кашни хӗрача ҫак телеграмма упранакан рама умӗнче чарӑнса тӑрать. Вулать те унӑн кӑмӑлӗ ҫӗкленсе каять. Вӑл, ҫулпуҫӑн саламне вуласа, лайӑх вӗренме, Ленин—Сталин ӗҫӗшӗн ялан хастарлӑ кӗрешме тупа тӑвать.

Ҫак кунсем кӑҫал вӑтам шкултан вӗренсе тухакан хӗрачасене уйрӑмах хумхантараҫҫӗ.

Шӑп вунӑ ҫул каялла, Сталин юлташ салам янӑ ҫул, халӗ X-мӗш класран вӗренсе тухакан хӗрачасем пӗррӗмӗш класра вӗреннӗ. Вӗсем, пӗчӗкскерсем, ун чухне аслӑ классенче вӗренекенсемпе пӗрлех вӗҫӗ-хӗррисӗр савӑннӑ. Вунӑ ҫул хушши вӗсем ҫулпуҫӑн ӑшӑ саламне асра тытса вӗреннӗ. Гета Ярандеева, Альбина Андреева, Лидия Егорова, Эмма Поликарпова тата ыттисем те яланах лайӑх вӗренсе пынӑ.

Темиҫе кун каялла шкултан кӑҫал вӗренсе тухакансемпе кӗҫӗн классенче вӗренекен хӗрачасен тӗлпулу утренникӗ пулса иртрӗ. X-мӗш класран вӗренсе тухакансем кӗҫӗн класра вӗренекен хӗрачасене ҫапла каларӗҫ:

— Эпир аслӑ ҫулпуҫ тав тунине тивӗҫлӗ пултӑмӑр. Вӑл пурне те савӑнтарать. Эсир те аслисем пуҫарнӑ лайӑх йӑлана ҫирӗп тытса пырӑр. Ленин—Сталин партийӗн ӗҫне чи малти вырӑна хурӑр! Лайӑх вӗренӗр!

Пӗтӗм хӗрачасен ячӗпе 3-мӗш класра вӗренекен Римма Орлова отличница яланах лайӑх вӗренме сӑмах пачӗ. X-мӗш класран вӗренсе тухакансене чечек ҫыххи парнелерӗ.

Кашни хӗрача ӗмӗчӗ халӗ пур экзаменсене те лайӑх тытасси. Малтанхи экзаменсенче чылай ачасем «5» тата «4» паллӑсем кӑна илнӗ.

— Эпир пур экзаменсене те лайӑх тытассине шансах тӑратпӑр. Ҫапла пулма пире ачасен чи сывӑх тусӗ Сталин аттемӗр ярса панӑ ӑшӑ салам хавхалантарать,—теҫҫӗ кунти хӗрачасем.

В. АНДРЕЕВА.

## Каникул кунӗсенче

«Пӗлтӗр, каникул вӑхӑтӗнче, маншӑн нихӑҫан асран тухми савӑнӑҫ пулчӗ. Эпир, республикӑри тӗрлӗ хуласемпе ялсенчи шкулсенче вӗренекенсем, Тӑван ҫӗршыв столицинче—Мускавра экскурсире пултӑмӑр. Столицӑн илемлӗ урамӗсем кашнин чӗрине савӑнтараҫҫӗ. Эпир Кремльте, Мавзолейре, тӗрлӗ музейсенче, Третьяковски галлерейӑра, зоопаркра, планетаринче тата ытти ҫӗрте те пултӑмӑр. Хӗрлӗ площаҫь, Кремль башнисем ҫине пӑхса савӑнтӑмӑр. Мускав ятне асӑнни кашни ҫынна чӗрӗ вӑй хушать. Ҫак ята халӗ мирпе халӑх ирӗклӗхӗшӗн кӗрешекен пӗтӗм тӗнчери ӗҫҫыннисем ӑшшӑн асӑнаҫҫӗ»...—тесе ҫырать Шупашкарти хӗрачасен пӗррӗмӗш вӑтам шкулӗнче вӗренекен Аля Свешникова шкулти литература журналӗнче.

Ачасен республикӑри экскурсипе туристла станцине ҫакӑн пек ҫырусем тӑтӑшах килсе тӑраҫҫӗ. Вӗсем Тӑван ҫӗршыв тӑрӑх, герой-хуласемпе историлле вырӑнсене экскурсисем организацилеӗшӗн тав тӑваҫҫӗ.

Экскурсисемпе туристла походсем кӑҫал та нумай пулмалла. Вӗренӳ ҫулӗ вӗҫленнӗ хыҫҫӑн хамӑр республика тӑрӑх тата тӗрлӗ хуласемпе историлле вырӑнсене 70 пин ача кайса курмалла. Ҫак ӗҫе ӑнӑҫлӑн пурнӑҫлас тесе Канашра, Ҫӗмӗрлере, Улатӑрта, Сӗнтӗрвӑрринче тата Куславккара экскурсипе туристла базӑсем уҫаҫҫӗ.

Шкул ачисенчен чылайӑшӗ республика столицине—Шупашкара килсе курма ӗмӗтленеҫҫӗ. Вӗсем кунта ҫӗнӗ стройкӑсенче, промышленность предприятийӗсенче, культурӑпа ҫутӗҫ тата ача-пӑча учрежденийӗсенче пулаҫҫӗ. Каникул вӑхӑтӗнче пурӗ виҫӗ пин ача Шупашкарта экскурсире пулать.

Аслӑрах классенче вӗренекенсем халӗ экзамен параҫҫӗ. Вӗренӳ ҫулӗ вӗҫленсен вӗсем туристла походсемпе экскурсие каяҫҫӗ. Вӗренӳ отличникӗсенчен 210 ҫын Мускава, Хусанпа Куйбышева, Ленинградпа Горькине, И. В. Сталин пулнӑ вырӑнсем тӑрӑх — Гори хулине тата В. И. Ленин пулнӑ вырӑнсем тӑрӑх — Ульяновск хулине нумай ҫын каять. Унсӑр пуҫне 80 ҫамрӑк Атӑлпа Дон хушшинчи В. И. Ленин ячӗпе тӑракан канал тӑрӑх экскурсие кайса килмелле. Ҫапла вара инҫетри экскурсисенче кӑҫал пин ытла ача пулмалла.

Кӑҫал Мускавра ҫамрӑк краеведсен конференцийӗ пулать. Унта пирӗн республикӑри чи лайӑх ҫамрӑк краеведсем хутшӑнаҫҫӗ.

Ачасене савӑнӑҫлӑ та хаваслӑ кунсем кӗтеҫҫӗ. Каникулӑн кашни кунӗ вӗсемшӗн усӑллӑ иртмелле. Тӑван района, республикӑна тӗпчесе вӗренес тӗлӗшпе пахаӗҫсем туса иртермелле. Кӗркунне, вӗренӳ ҫулӗ пуҫланас умӗн, кашни районтах тата республикӑра ҫамрӑк краеведсен слечӗсене иртерме, выставкӑсем тума палӑртнӑ. Ҫак слетсемпе выставкӑсене кашни ҫамрӑк краевед паха парне хатӗрлӗ.

Савӑнӑҫлӑ та телейлӗ ӳсеҫҫӗ пирӗн ҫӗршыври ачасем. Вӗсем валли яслисем, парксем, санаторисем, пионерсен ҫурчӗсем уҫнӑ.
УКЕРЧЕК ҪИНЧЕ: Шупашкарти ачасен санаторилле садӗнчи ачасем фонтан патӗнче.

С. ВИКТОРИНОВ фотоӳкерчӗкӗ.

## Тулли кӑмӑлпа тав тӑваҫҫӗ

Тӗрлемесрен инҫе мар, Чашлама ялӗнче хӑлхасӑр-чӗлхесӗр ачасен шкулӗ вырнаҫнӑ. Унта республикӑри тӗрлӗ районсенчен пуҫтарӑннӑ ачасем хутла вӗренеҫҫӗ. Ҫак кунсенче шкулта I—IV-мӗш классенче вӗренекен ачасен ашшӗ-амӑшӗсен пухӑвӗ пулчӗ.

Шкулта вӗрентӳпе воспитани ӗҫӗ мӗнле пынипе паллашнӑ хыҫҫӑн, шкул ачисен ашшӗ-амӑшӗсем хӑйсен шухӑш-кӑмӑлӗсене каласа пачӗҫ.

— Ялта ман ача пек хӑлхасӑр-чӗлхесӗр ача урӑх пулман,—терӗ Шупашкар районӗнчи Кивҫурт ялӗнчен килнӗ Т. Зиновьева колхозница.—Ашшӗ вӑрҫӑра вилчӗ. Ывӑлӑм чирлесе хӑлхасӑр пулса юлчӗ. Вӗренеймесӗр юлчӗ тесе питӗ кулянаттӑм. Ялти коммунистсем сӗннипе ачана ҫак шкула илсе килтӗм. Халӗ ывӑлӑм калаҫать, ҫырать, вулать. Пӑхатӑп та чун савӑнать.

Ҫак районти Сосновка ялӗнчен килнӗ Ксения Назарова хӑйӗн ачине шкулта лайӑх пӑхса усранӑшӑн, вӗрентсе ҫын тунӑшӑн чӗререн савӑнса каларӗ. Шкула киличчен,—терӗ вӑл,—манӑн ача пӗр сӑмах та калаймасчӗ. Вӗренме пуҫланӑ хыҫҫӑн вӑл палламалла мар улшӑнчӗ. Халӗ вӑл «атте», «анне» тата ытти сӑмахсене те лайӑх калать. Хӑйӗн юлташӗ Гена патне ҫыру ҫырса янӑ. Ялта ҫав ҫырӑва вуламан ҫын юлман ӗнтӗ.

А. Павлова (Елчӗк районӗнчен), А. Никитин (Сӗнтӗрвӑрринчен), В. Гуськов (Ҫӗмӗрле) тата ыттисем те хӑйсен сӑмахӗсенче хӑлхасӑр-чӗлхесӗр ачасене те вӗренсе пурнӑҫ ҫулӗ ҫине тӑма май туса панӑшӑн партипе правительствӑна тав турӗҫ.

Пуху хыҫҫӑн шкулта вӗренекенсем хӑйсен пултарулӑхне кӑтартрӗҫ. Ал ӗҫ кружокӗнче вӗренекенсем хӑйсен ӗҫӗсемпе паллаштарма выставка тунӑ. Художествӑлла пултарулӑх коллективӗн членӗсем пысӑк концерт пачӗҫ.

И. СУЛЕЙМАНОВ.

## ПИРӖН КИЛ

Пирӗн кил,
Хаваслӑ, ӑшӑ кил.
Пурнӑҫ питӗ ырӑ ҫак килте.
Пирӗн кил,
Телейлӗ, тулӑх кил,
Пурӑнас килет ман ҫак килте.
Пирӗн кил—
Вӑл ҫӗнӗ, ҫутӑ кил.
Пысӑк кӳлӗ кантӑк умӗнче.
Пуҫӑмран
Лӑпкать ачаш, лӗп ҫил.
Ман умра — илемлӗ ҫут тӗнче.
Ҫӗнӗ шкул
Ларать ял варринче.
Ун тавра шап-шурӑ хурӑнсем.
Аслӑ ҫул
Иртет шкул патӗнчен,
Васкаса чупаҫҫӗ машинисем.
Ҫӗн пӳртсем,
Хитре, чечен садсем
Пирӗн «Ҫӗнтерӳҫӗ» колхозра,
Кашласа ӳсеҫҫӗ
Тырпулсем
Тинӗс евӗр сарлака уйра.
Ав, уй тӑрӑх
Савӑнса утать
Ылтӑн ҫӑлтӑр ҫакнӑ бригадир.
Хӳхӗм тулӑ
Лӑпкӑн хумханать
Янкӑр тӑрӑ, ҫутӑ, кӑпкӑ ир.
Кӳлӗ, шкул,
Ҫап-ҫутӑ ҫӗн ҫуртсем,
Хӳхӗм тулӑ, лӑпкӑ, ӑшӑ ҫил,
Ҫамрӑк сад,
Шап-шурӑ хурӑнсем,—
Ҫакӑ пӗтӗмпех вӑл—пирӗн кил.
Ҫак килте—
Тӑван атте-аннем,
Ҫак килте ман йӑмӑк-шӑллӑмсем,
Ҫакӑнта эп ӳсрӗм,
Ҫак килте
Эп телейлӗ пултӑм, тусӑмсем.
Ҫак телейлӗ
Ҫӗнӗ пурнӑҫа
Ленин панӑ—тав ӑна пиртен.
Ҫак илемлӗ
Савӑк пурнӑҫа
Сталин панӑ—тав ӑна пиртен.
Тӑван кил,
Эпир ҫуралнӑ кил
Вӑл пире телейлӗн ӳстерет.
Пирӗн кил
Пит ӑшӑ, ырӑ кил.
Аслӑ парти вӗрентет пире.

Василий АЛЕНДЕЙ.

# Миршӗн, ачасен телейӗшӗн

Мӗнпур ҫӗршывсенчи ӗҫҫыннисем мирлӗ, телейлӗ пурнӑҫ ҫинчен ӗмӗтленеҫҫӗ, ҫак ӗмӗт чи малтанах ачасен телейӗпе ҫыхӑнса тӑрать. Кашни халӑхшӑн чи хакли вӑл—ачасен телейӗ.

Ҫӗнӗ вӑрҫӑ хӑрушлӑхне хирӗҫ кӗрешес ырӑ тӗллев тӗрлӗ ҫӗршывсенчи ҫыннисене пӗтӗҫтерчӗ. Ачасене хӳтӗлессишӗн вӑйланса пыракан юхӑм халӗ халӑхсем миршӗн, демократипе прогрессшӑн пыракан кӗрешӗвӗн уйрӑлми пайӗ пулса тӑчӗ. Ҫак тӗлӗшпе ачасене хӳтӗлес тӗллевпе ҫулталӑк каярах иртернӗ пӗтӗм тӗнчери конференци пысӑк вырӑн йышӑнчӗ. Ачасене хӳтӗлемелли пӗтӗм тӗнчери куна—июнӗн 1-мӗшне—иртерес ӗҫе 1951 ҫулта 51 ҫӗршыври прогрессивлӑ общественность хутшӑннӑ пулсан, пӗлтӗр вара ҫав куна 60 ҫӗршывра ытла иртернӗ. Ҫав куна паллӑ тума коммунистсен организацийӗсемпе пӗрле профсоюзсем, кооперативсем тата ытти нумай организацисем хутшӑннӑ.

Нумай ҫӗршывсенче конференцисем пулса иртнӗ, ачасене хӳтӗлес тӗлӗшпе ӗҫлеме комитетсем тунӑ. Ҫак комитетсем капитализмла ҫӗршывсен правительствисем ҫар бюджечӗсене ӳстернине хирӗҫ тӑраҫҫӗ, ачасен сывлӑхне сыхламалли правӑна, вӗренӳ правине сыхласа хӑварма тӑрӑшаҫҫӗ.

Ҫамрӑк ӑрӑва лайӑх пӑхса ӳстерес тӗлӗшпе тӗнчери халӑхсем Совет Союзӗнчен вӗренме пултараҫҫӗ. Советлӑ Социализмлӑ Республикӑсен Союзӗ ачасемшӗн мӗнле тӑрӑшмаллине пӗтӗм тӗнчене чаплӑ пример кӑтартса парать.

Октябрьти Социализмла Аслӑ революци ҫӗнтерни хыҫҫӑн малтанхи кунсенчен пуҫласах пирӗн ачасем умӗнче ҫутӑ та телейлӗ ҫул уҫӑлчӗ. Владимир Ильич Ленин граждан вӑрҫи ҫулӗсенче, хуҫалӑх юхӑннӑ условисенче пире ачасен пурнӑҫне сыхласа хӑварма, мӗнпур тӑлӑх ачасене лайӑх пӑхса ӳстерессишӗн тӑрӑшма вӗрентрӗ. Эпир, ватӑ ҫынсем, ҫавӑн ҫинчен хумханса аса илетпӗр. Коммунистсен партийӗпе Совет правительстви ырми-канми тӑрӑшнине пула, совет ачисемпе ҫамрӑкӗсен сывлӑхне сыхлас, вӗсене вӗрентес тата воспитани парас ӗҫ питех те лайӑхланчӗ. Историре ун пекки нихҫан та пулман.

Ҫӗршыври специальнӑй шкулсем ача яслисемпе ача сачӗсем валли пысӑк квалификациллӗ воспитательсем тата специалистсем—врачсем вӗрентсе хатӗрлеҫҫӗ. Кашни фабрика, кашни завод, кашни колхоз ҫумӗнче ача-пӑча учрежденийӗсем пур. Пӗчӗк ачасем валли чи лайӑх суртсене уйӑрса параҫҫӗ, медицина кабинечӗсем, санаторисем, дачӑсем нумай тӑваҫҫӗ.

Пирӗн государство шкулта вӗренекен ачасемшӗн куллен, ырми-канми тӑрӑшать. Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн XIX-мӗш съездӗ панӑ директивӑсенче ҫичӗ ҫул вӗрентес ӗҫрен пурне те вӑтам пӗлӳ парасси, политехникӑлла вӗренӗве пурнӑҫласси ҫинчен кӑтартса панӑ. Социализм ҫӗнтернӗ ҫӗршывра ҫамрӑк ӑру ҫине тимлӗ пӑхни ҫавӑнтан та лайӑх курӑнать.

Совет Союзӗн ҫулӗпе халӗ нумай ҫӗршывсем пыни савӑнтарать. Ҫав ҫӗршывсенчи халӑхсем империализм пусмӑрне сирпӗтсе антарчӗҫ, ӗҫҫынни интересӗсене тивӗҫтерекен ҫӗнӗ йӗркесем туса хучӗҫ.

Нумай пулмасть культура деятелӗсен делегацийӗпе пӗрле эпӗ Венгри Халӑх Республикинче пултӑм. Эпир унта пӗр уйӑха яхӑн пурӑнтӑмӑр, кашни кунах ачасемшӗн хытӑ тӑрӑшнине куртӑмӑр. Халӑх влаҫӗ пуличчен Венгрире 9 миллион ҫынтан 3 миллион ҫын чухӑн пурӑннӑ. Халӗ мӗнпур ачасем тутӑ, лайӑх тумланнӑ, вӗсем пурте шкулсенче вӗренеҫҫӗ, вӗсен ашшӗ-амӑшӗсем вӗсен кунҫулӗшӗн куляммаҫҫӗ.

Халӑх демократи ҫӗршывӗсенче пуринче те, Венгри Халӑх Республикинчи пекех, ачасемшӗн хытӑ тӑрӑшаҫҫӗ. Китай Халӑх Республикипе Демократиллӗ Германи Республики ача амӑшӗсемшӗн тата ачасемшӗн тӑрӑшас ӗҫре ССР Союзӗн пуян опычӗпе усӑ кураҫҫӗ. Ҫав ҫӗршывсенче пуринче те ачасем валли лайӑх условисем туса параҫҫӗ. Халӑх влаҫӗн законӗ ҫавӑн пек.

Ман умра фотоӳкерчӗк выртать. Ун ҫинче Корея Халӑх ҫарӗн боецӗсем Корейӑри ача ҫуртӗсенчен пӗринче пӗчӗк ачасемпе пӗрле лараҫҫӗ. Эпӗ кулакан салтаксемпе пӗчӗк ачасен сӑнӗ ҫине пӑхатӑп. Корейӑри ачасен кун-ҫулӗшӗн ялан пӑшӑрханса тӑни пӗр самантлӑха иртсе каять. Вӑрҫӑ пынӑ вӑхӑтра, тӑтти-сыннисӗр бомбӑсем пӑрахса тӑнӑ условисенче Корея халӑхӗ, унӑн правительстви ачасемшӗн ырми-канми тӑрӑшаҫҫӗ. 1951 ҫулхи ҫуркунне эпир, хӗрарӑмсен пӗтӗм тӗнчери комиссийӗн членӗсем, Синьыйчжу хулинче шкулта мӗнле вӗрентнипе паллашрӑмӑр. Хулана ун чухнех сывлӑшри вӑрӑ-хурахсем пӗтӗмпех ишӗлтерсе пӗтернӗччӗ. Ачасем ҫуртра мар, уҫӑ вырӑнтах вӗренетчӗҫ. Самолетсем вӗҫсе пыни ҫинчен пӗлтерсен, учительница ачасене убежищӗне кӗрсе ларма хушрӗ. Тӑшман самолечӗсем вӗҫсе кайрӗҫ те, урок каллех пуҫланчӗ...

Комисси членӗсене Корейӑри ачасем сывлӑхлӑ пулни тӗлӗнтерчӗ. Эпир нумай хуласемпе ялсенче пултӑмӑр, землянкӑсене, ҫунӑк пӗренесемпе тимӗртен ҫапкаласа тунӑ хӳтлӗхсене кӗрсе куртӑмӑр. Ҫав землянкӑсенче ҫурт-йӗрсӗр тӑрса юлнӑ ҫынсем пурӑнатчӗҫ. Анчах нисҫта та нихҫан та выҫӑ, никам пӑхман ачасене тӗл пулмарӑмӑр. Астӑватӑп, Италирен пынӑ Элизабетт Галло ятлӑ хӗрарӑм ҫапла каларӗ:

— Правительство хӑйӗн пуласлӑхӗшӗн,—ачасемшӗн—ҫавӑн пек тӑрӑшать пулсан, ун пек халӑха никам та ҫӗнтерес ҫук!

Ҫавӑн чухне Галло Италири ачасем ҫинчен аса илчӗ пулмалла. Италире миллионшар ачасем калама ҫук йывӑр пурнӑҫпа, ялан выҫӑллӑ-тутӑллӑ пурӑнаҫҫӗ, вӗсем вӗренме тата медицина пулӑшӑвӗ илме пултараймаҫҫӗ.

Америкӑри Пӗрлешӳллӗ Штатсенче, Италире, Францире, Англире, пӗр сӑмахпа каласан, империалистсем влаҫра тӑракан пур ҫӗршывсенче те, миллионшар ачасем савӑнӑҫ ҫинчен пӗлмеҫҫӗ, вӗсем телейсӗр пурнӑҫпа пурӑнаҫҫӗ. Капитализмла ҫӗршывсенчи правительствӑсем ӗҫҫыннисен ачисен пурнӑҫне мӗн чухлӗ те пулин ҫӑмӑллатас тесе нимӗн те тумаҫҫӗ. Ҫу вырӑнне—тупӑ, шкулсем вырӑнне—казармӑсем, больницӑсем вырӑнне—авиаци базисем—ҫакӑн пек кучукнехи капитализмӑн «программи». Халӑхран туртса илнӗ пурлӑхсем миллиардерсене пуйтарма, тӗнчери ҫӗнӗ вӑрҫа хатӗрлеме, атомлӑ бомбӑсем тата бактериллӗ хӗҫпӑшалсем тума, хӑйсен никама пӑхӑнманлӑхӗшӗн паттӑррӑн кӗрешекен халӑхсене пӗтерме, хӳтлӗхсӗр хӗрарӑмсемпе ачасене вӗлерме каяҫҫӗ.

Империализмла ҫӗршывсем вӑйлӑн хӗҫпӑшалланнипе килсе тухакан йывӑрлӑх пӗтӗмпех ӗҫҫыннисен сурӑмӗ ҫине тиенет. Апат-ҫимӗҫпе промышленность таварӗсен хакӗ пӗрмай ӳссе пырать, налогсем пысӑкланаҫҫӗ, ӗҫсӗрлӗх ӳсет. США-ра, Англире, Италире, Хӗвеланӑҫ Германире, Японире хальхи вӑхӑтра ӗҫсӗр тӑрса юлнисен йышӗ 30 миллионран иртнӗ.

Аслӑ открытисен ӗмӗрӗнче, техника ҫын ӗҫне ҫӑмӑллатма пултарнӑ саманара, ҫын валли кану вӑхӑчӗ тупма, хуҫалӑха пур енӗпе те аталантарса пыма пултарнӑ саманара, капитализмла ҫӗршывсенче ачасене тискеррӗн эксплуатацилесси нихҫанхинчен те ытла вӑйланнӑ. Америкӑра тухса тӑракан «Америкэн чайлд» журналӑн юлашки номерӗсенчен пӗринче пӗр пӗчӗк хӗрачан фотоӳкерчӗкне пичетлесе кӑларнӑ. Ун айне ҫапла ҫырса хунӑ: «Луиза—ултӑра. Анчах вӑл халех ҫӗр мамӑк плантацинче ӗҫлет».

США ӗҫлев министерстви пӗлтернӗ тӑрӑх, Америкӑри Пӗрлешӳллӗ Штатсенче 2,5 миллион ытла ача ӗҫлесе пурӑнать. Ҫакӑр татӑкӗ тупас тесе, вӗсен ирӗксӗрех ӗҫлеме тивет.

Францире 14 ҫула ҫитнӗ ачасенчен виҫӗ ҫынтан пӗри тара кӗрӗшсе ӗҫлет. Италире миллион ытла ача шкулсенче вӗренес вырӑнне фабрикӑсемпе заводсенче, уй-хирсенче асапланса ӗҫлет. 12 ҫулхи ачасем кӑмрӑк шахтисенче, чул кӑларакан вырӑнсенче, табак фабрикисенче, сывлӑхшӑн сиенлӗ тата ытти тӗрлӗ предприятисенче ӗҫлесе пурӑнаҫҫӗ.

Капитализмла производствӑра техника хӑрушсӑрлӑхне организацилемен пирки ачасем час-часах сиен кураҫҫӗ. Официальнӑй йӗркепе пӗлтернӗ тӑрӑх, США-ра Иллинойс штатӗнчи шахтӑсемпе предприятисенче кашни ҫул 500 яхӑн ҫамрӑк производствӑра суранланать. «Америкэн чайлд» журнал ялхуҫалӑхӗнче ӗҫлекен ачасем хушшинче ӗҫре аманасси ӳссе пыни ҫинчен калакан материалсем пичетлесе кӑларнӑ. Айова штатӗнче, тӗслӗхрен, 8 ҫулхи ача, хӑй тытса пыракан трактор ӳпӗнсе кайнипе, трактор айне пулса вилнӗ. Пӗчӗк ачасен машинӑна тытса пыма кирлӗ пӗлӳпе опыт ӑҫтан пулма пултартӑр-ха ӗнтӗ?

Капитал ҫӗршывӗсенче ачасем тавар пулса тӑнӑ: вӗсене сутаҫҫӗ, илеҫҫӗ. Ачасемпе Японире, Англире, США-ра сутуилӳ тӑваҫҫӗ.

Малта пыраван, «цивилизациллӗ» текен империализмла ҫӗршывсенче те ачасен пурнӑҫӗ ҫакӑн пек йывӑр пулсан, колонисенче, пӑхӑнса тӑракан ҫӗршывсенче ачасен пурнӑҫӗ мӗнле пулмалла-ши?

Турцире 360 пин ытла выҫӑ ача ытти, каласа сӳрет. Испанире, Иранра ачасем выҫӑ лараҫҫӗ. Медицина енӗпе тӗрӗслесе тухни ҫакна кӑтартса панӑ: Кӑнтӑр Африкӑра ачасенчен 50 процентӗ ытла ҫителӗклӗ апат ҫисе курман пирки чирлет. Мароккӑра 100 ачаран 75 ача пӗр ҫула ҫитиччен вилет.

Ачасем хушшинче вилсе пӗтекенсем нумай пулни вӑл Мальтус «теорине» саракансене, наукӑри реакционерсене, ачасене вӗлерсе пӗтермелли империализмла политикӑна тӳрре кӑларакансене тивӗҫлипех ҫырлахтарма пултарать ӗнтӗ. Нумаях пулмасть Мальтус «теорийӗ» хыҫҫӑн каякан ҫынсенчен Пендехл ҫапла ҫырнӑ: «Ҫӗр ҫинче пурӑнакан халӑх йышӗнчен сахалтан та 700 миллион ҫынна пӗтермелле, унсӑрӑн пурпӗрех катастрофа пулать».

Империалистсем ӗҫҫыннисемпе ачасене эксплуатацилессине вӗҫӗмсӗр вӑйлатса пыраҫҫӗ. Вӗсем ҫамрӑксенчен тупӑ ашӗ—хӑйсене итлекен салтаксем туса хурасшӑн. Империалистсем ачасен ӑс-тӑнне пӑсаҫҫӗ. Ирсӗр кинофильмсем, «комикс» текен тӑрлавсӑр кӗнекесем ҫамрӑксене этемлӗхе курайми пулма вӗрентеҫҫӗ.

Прогрессивла ҫӗршывсенче ачасен ашшӗсемпе амӑшӗсем ҫакӑн пек пурнӑҫпа тевех килӗшессшӗн мар. Ҫакӑн пек пурнӑҫран хӑтӑлса тухмалли пӗртен-пӗр май вӑл — империализмла политикӑна хирӗҫ, миршӗн тата демократишӗн кӗрешесси пулать. Пур ҫӗршывсенче те ачасен пурнӑҫӗшӗн, вӗсен сывлӑхӗшӗн, ӳссе ҫитӗнекен ӑрӑва вӗрентессишӗн кӗрешӳ сарӑлса пырать.

Кӑҫалхи ҫул Ачасене хӳтӗлес тӗлӗшпе иртерекен пӗтӗм тӗнчери кун тепӗр паллӑ ӗҫпе ҫыхӑнса тӑрать. Данире июнӗн 5-мӗшӗнче Пӗтӗм тӗнчери хӗрарӑмсен конгресӗ уҫӑлать. Конгресс хӗрарӑмсен прависене хӳтӗлесси, мире хӳтӗлессишӗн пӗтӗм тӗнчери хӗрарӑмсен юхӑмне вӑйлатасси, хӗрарӑмсемпе ачасен интересӗсене хӳтӗлесси ҫинчен тӑракан ыйтусене пӑхса тухать. Конгреса хатӗрленес ӗҫ тӗнчери 70 ытла ҫӗршывра сарӑлса пырать. Ҫакӑнпа пӗр вӑхӑтрах мӗнпур ҫӗршывсенчи хӗрарӑмсем Ачасене хӳтӗлемелли пӗтӗм тӗнчери куна—июнӗн 1-мӗшне иртерме хатӗрленчӗҫ.

Ҫак кун хӗрарӑмсем тата ҫӗр ҫинчи тӳрӗ шухӑшлӑ мӗнпур ҫынсем ҫӗнӗ хӑватпа хӑйсен ачисене хӳтӗлеме ҫӗкленеҫҫӗ. Вӗсем пилӗк аслӑ держава хушшинче Мир Пакчӗ тума, Корейӑра, Вьетнамра, Малайӑра вӑрҫӑ ӗҫӗсене чарса лартма ыйтӗҫ. Вӗсем ҫар бюджечӗсене чакарассишӗн, ачасене пӑхса ӳстерме укҫа-тенкӗ нумайрах уйӑрса памалла тӑвассишӗн, капитал ҫӗршывӗсенче шкулсене, тата воспитани ӗҫне милитаризацилессине хирӗҫ кӗрешеҫҫӗ. Вӗсем хӑйсен ачисен пурнӑҫӗпе телейӗшӗн кӗрешессине пӗр куллӑха та пăрса хăварас ҫук. Ҫӗр ҫинчи тӳрӗ шухӑшлӑ мӗнпур ҫынсем ҫак кун тепӗр хут Совет Союзӗ ҫине—пӗтӗм тӗнчери мир ӗҫӗн хӑватлӑ тӗрекӗ пулса тӑракан, мӗнпур ҫӗршывсемпе халӑхсен ачисен интересӗсене хӳтӗлекен ҫӗршыв ҫине чӗререн шанса пӑхаҫҫӗ.

М. ОВСЯННИКОВА.

# Тĕнчери лару-тăру

## Корейăри ĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, майăн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ паян çапла пĕлтерне: иртнĕ кун хушшинче Халăх çарĕн чаçĕсем, Китай халăх добровольцĕсемпе таччăн çыхăнса, центральнăй фронтăн уйрăм участокĕсенче тăшмана хирĕç çапăçнă.

Ĕнер çĕрле Америка авиацийĕ Хванхе провинцийĕнчи мирлĕ районсем çине тискеррĕн бомбăсем пăрахнă. Хресченсем хушшинче вилнисемпе аманнисем нумай. Суртсемпе землянкăсем нумай ишĕлсе пĕтнĕ.

Халăх çарĕн зенитнăй чаçĕсем паян тăшманăн 2 самолетне персе ӳкернĕ, 5 самолетне сиенленĕ.

### СОВЕТ СОЮЗĔН АВСТРИРИ ИНФОРМАЦИ СЛУЖБИ ПĔЛТЕРНИ

ВЕНА, майăн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Совет Союзĕн Австрири информаци служби ĕнер çакăн пек пĕлтерӳ пичетлесе кăларнă:

«Совет Союзĕн Австрири Верховнăй комиссарĕ В. П. Свиридов генерал-лейтенант Австри канцлерне Юлиус Рааба йышăннă, çакăн çинчен каласа панă:

«Австри правительстви «Иббс-Персенбейг» гидроэлектростанци строительствин активĕсене—Германин Австрири активĕсем пулнă май СССР харпăрлăхĕ пулса тăнă активсене—Австри правительствине сутас пирки панă сĕнĕве Совет правительстви килĕшӳллĕн пăхса тухнă. Австри экономикине кирлĕ электростанци строительствине хăвăртлатас тĕллевпе, асăннă активсене Австри правительстви сĕннĕ условисем тăрăх хăйне сутма ыйтнине тивĕçтермелле тунă.

Австри правительствин представителĕсемпе тивĕçлĕ килĕшӳ çине алă пусма Совет Союзĕ енчен Совет Союзĕн Австрири пурлăхĕсен Управленине хушнă».

Верховнăй комиссар В. П. Свиридовпа федеральнăй канцлер Юлиус Рааб çавăн пекех тата икĕ енне те интереслентерекен ытти хăшпĕр ыйтусене сӳтсе явнă».

### ИТАЛИРИ ПАРЛАМЕНТ СУЙЛАВĔ УМĔН

РИМ, майăн 29-мĕшĕ. (ТАСС). «Унита» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, ĕнер Пальмиро Тольятти Кунео хулинчи суйлав умĕнхи митингра тухса каланă. Вăл халăха либералсен партийĕн руководителĕсене тăрă шыв çине кăларма чĕннĕ. Вĕсем халиччен йăлана кĕнĕ йĕркесене пăснă, клерикалсен партийĕпе хăйсене усăллă мар союз тунă.

«Паян, — тенĕ Тольятти, — ĕçхалăхне сĕрпшыва тытса пымалли çул пама тăрăшакан çын кăна чăн-чăн либерал тесе шутланма пултарать. Либералсен партийĕн руководителĕсем çавăн пек тума пултараймаççĕ, çавăн пекех вĕсем халăхăн никама пăхăнманлăхне Америка империализмĕнчен хӳтĕлесе тăма та пултараймаççĕ».

Юлашкинчен Тольятти Кунео çыннисене Коммунистсен партийĕшĕн — демократилле ирĕклĕхсемшĕн, сĕршывăн никама пăхăнманлăхĕшĕн, миршĕн кĕрешекен партишĕн сасăлама чĕннĕ.

РИМ, майăн 29-мĕшĕ. (ТАСС). «Аванти» хаçат правительство влаçĕсем демократиллĕ организацисене хирĕç иртĕхме пăрахманни çинчен пĕлтерет. «Аванти» хаçат çырнă тăрăх, Фоджа провинцийĕнчи влаçсем коммунистсемпе социалистсене 7 çынна мэр вырăнĕнчен кăларнă. Влаçсен çавнашкал ĕçĕсене хирĕçлесе, Фоджа провинцийĕнче 368 çын социалистсен партине кĕнĕ.

### БИРМА ÇАРĔСЕМ ЧАН КАЙ-ШИ БАНДИСЕНЕ ХИРĔÇ ÇАПĂÇНИ

ЛОНДОН, майăн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентстви Рангунран пĕлтернĕ тăрăх, Бирма çарĕсем Шань княжествин кăнтăр пайĕнче çапăçнă чухне гоминдан генералне Ла Лоуна вĕлернĕ. Гоминдан бандисем ытти енчен те çухату тӳснĕ.

### ИТАЛИРИ ПАРЛАМЕНТ СУЙЛАВĔ УМĔН

Кăçалхи июнĕн 7-мĕшĕнче Италире парламент суйлавĕ пулать. Парламент суйлавне хатĕрленесси Италин политикăлла пурнăçĕнче тĕп вырăнта тăрать. Суйлав кампанийне политикăлла партисем пурте активлă хутшăннă. Вĕсем депутатсен палатине тата сената депутат суйлама хăйсен кандидачĕсене тăратнă.

Италири Коммунистсен партийĕпе социалистсен партийĕ, вĕсем суйлавра уйрăм списоксем тăратаççĕ пулсан та, пĕрпĕрне тачă çыхăну тытса кĕрешеççĕ. Буржуалла партисем — христианла демократсен, социал-демократсен, либералсен партийĕсем тата ыттисем те пĕр пĕтĕмĕшле списоксем тăратнă. Çапла майпа вĕсем, депутатсен палатинче виçĕ пайран икĕ пайне (590 вырăнтан 380 вырăн) йышăнма ĕмĕтленсе, «ытларахăш» сасă—50 процент тата тепĕр сасă илесшĕн. Реакци çакăн пек маневр тума хăтланни нумаях пулмасть йышăннă демократие хирĕçле суйлав законĕ çине таянса тăрать. Çак закон тăрăх, суйлава пропорцилле йĕркепе мар, «ытларахăшсен премийĕ» текен йĕркепе иртерессĕ. Партие партисен блокĕ мĕнпур сасăсенчен сурринчен ытларах пĕр сасă çеç илет пулсан та, вăл парламентри мĕнпур вырăнсенчен 65 процентне «преми» йĕркипе йышăнма пултарать.

Влаçра тăракан христианла демократсен партийĕн лидерĕсем, хăйсемпе пĕр блока пĕрлешнĕ партисемпе пĕрле сĕршывăн законсем кăларакан органĕнче мĕнле те пулсан ытларах вырăн йышăнма тăрăшаççĕ. Çапла майпа вĕсем оппозицие пĕтерсе хума, Италие империалистсен çар планĕсене малалла пăхăнтарса пымалла тума тăрăшаççĕ. Италири буржуалла хаçатсем халех ĕнтĕ Итали конституцине улăштарасси çинчен, ăна Çурçĕр-Атлантика блокĕн ыйтăвĕсене тивĕçтерсе тăмалла тăвасси çинчен уççăнах çырма пуçларĕç.

Асăннă партисемсĕр пуçне суйлава тата монархистсен партийĕпе çĕнĕ фашистсен партийĕ хутшăнаççĕ. Суйлав кампанине çавăн пекех «халăх пĕрлĕхĕ» текен ушкăн тата нумаях пулмасть çĕнĕрен тухса хунă «наци демократиллĕ союзĕ» текен ушкăн хутшăнать. Ăна министр пулнă Корбино либерал, христианла-демократсен партийĕн депутачĕ пулнă Терранова, либерал Нитти тата ытти деятельсем ертсе пыраççĕ. Вĕсем демократие хирĕçле суйлав реформине хирĕç кĕрешме пĕрлешнĕ.

Коммунистсен партийĕ депутатсен палатине суйламалли 30 суйлав округĕнче хăйĕн кандидачĕсен списокне тăратнă (кашни округра темиçешер депутат суйланать). Сената суйламалли 237 округран коммунистсен партийĕ 203 суйлав округĕ тăрăх кандидатсем тăратнă (кашни округра пĕр сенатор суйланать). Хăшпĕр округсенче Коммунистсен партийĕ социалистсен партийĕпе пĕрле кандидатсем тăратнă. Коммунистсен партийĕ кандидатсем тăратман вырăнсенче коммунистсем сулахай независимăйсен кандидачĕсем майлă тăраççĕ. Депутатсен палатине суйламалли чылай округсенче независимăйсен кандидачĕсене компарти списокне кĕртнĕ.

Коммунистсен партийĕ суйлава тухакан программа Италири ĕçсыннисен анлă массисен тĕп интересĕсене тивĕçтерет. Компарти Итали халăхне миршĕн, халăхсем хушшинчи демократилле туслăхшăн кĕрешессине вăйлатма; Итали агрессиллĕ блоксене хутшăннине хирĕç кĕрешме чĕнет, монополилле шултра предприятисене национализацилессишĕн, çĕр реформи иртерессишĕн, сурт-йĕр строительствине анлăн сарса ярассишĕн, халăх пурнăçне лайăхлатассишĕн кĕрешет. Программăра çавăн пекех Итали халăхĕн мирлĕ тĕллевĕсене пурнăçа кĕртма пултаракан правительство туса хума кирлине палăртнă. Çĕнĕ правительствăн мĕнпур сĕршывсемпе килĕшӳллĕ пурăнассине йĕркелемелле, суту-илӳ туса тăрассине вăйлатмалла.

Реакциллĕ блокри партисене илес пулсан, вĕсен нимĕнле конкретлă политикăлла программа та çук. Христианла демократсен партийĕн руководстви нумаях пулмасть пĕр документ пичетлесе кăларнă. Унта «партин социальнăй ĕçсем енĕпе тăракан тĕллевĕсене» тата унăн «экономикăпа финанс тĕлĕшпе тăракан задачисене» кăтартса пама хăтланса пăхнă. Анчах çак документа реакциллĕ хаçатсем те ытла та «пĕтĕмĕшле», «усăсăр» документ тесе хак панă.

Иртнĕ 5 çул хушшинче, христианла демократсен партийĕ хăй влаçра тăнă вăхăтра, 1948 çулхи суйлав умĕн кăларса тăратнă пĕр задачăна та пурнăçа кĕртмен. Ун чухне «христианла демократсем» халăха мир, социаллă тĕрĕслĕх туса хума, экономикăна чечеклентерме сăмах пачĕç. Çак сăмахсене пурнăçлас вырăнне вĕсем сĕршывра хĕçпăшалланас ĕçе пуçарса ячĕç, Италие Çурçĕр-Атлантика блокне кĕртрĕç, Итали экономикине аркантарса ситерчĕç.

Де Гаспери правительстви хресченсене 2 миллион гектар çĕр валеççе пама пулчĕ. Анчах иртнĕ 5 çул хушшинче çак тĕлĕшпе нимĕн те туман. Италин кăнтăрти экономикине вăйлатма сăмах панă. Анчах, тĕрĕссипе вара, промышленность производствине чакарма тытăннă. Неаполь хулинче кăна çак вăхăт хушшинче 23 завод хупса лартнă. Ĕçсĕр тăрса юлнисен йышĕ 1.600 пин çынтан 2.100 пин çынна çитнĕ. Итали халăхĕн ахаль те йывăр пурнăçĕ çултан-çул начарланса пырать. Çаксем çумне тата акă мĕн хушса калас малла: влаçсем демократиллĕ шухăш тытакан çынсене хĕсĕрлеççĕ, фашистла элементсемпе фашизма майлă çынсене пур майсемпе те хавхалантарса пыраççĕ. Çар преступникĕ маршал Грациани халĕхи вăхăтра фашистла партин хисеплĕ председателĕ пулса тăрать, суйлав умĕнхи митингсенче премьер-министр де Гаспери çумĕнчи статс-секретарьпе — Андреоттипе пĕрле тухса сăмах калать.

Васкаса хĕçпăшалланас, наци экономикине арпантарас, демократсене хирĕç кĕрешес политикăна Итали халăхĕ ытларах та ытларах хирĕç тăрать. 1951 çулта тата 1952 çулта муниципалитетсен суйлавĕ вăхăтĕнче христианла демократсемпе вĕсен союзникĕсем пĕр миллион сасă çухатрĕç. Кăçалхи суйлавра та пораженине тӳсессинчен хăранипе, реакционерсем çĕнĕ суйлав системи çинчен парламента демократие хирĕç пыракан, хăйсемшĕн усăллă закон йышăнтарчĕç. Халĕ вĕсем демократилле партисене суйлав кампанинче пур майсемпе те кансĕрлеме тăрăшаççĕ. Италире тухса тăракан хаçатсем кашни кун фашистла элементсем провокациллĕ ĕçсем туни çинчен, суйлав умĕнхи митингсене салатса яма тăрăшни çинчен, прогрессивлă деятельсене арестлени çинчен, демократиллĕ организацисене суйлав умĕнхи литература сарма чарни çинчен тата ыттисем çинчен те çырса пĕлтереççĕ.

Италири Коммунистсен партийĕн руководстви çак кунсенче заявлени пичетлесе кăларчĕ. Унта реакцин чее, усал ĕçĕсене тăрă шыв çине кăларнă. Коммунистсен партийĕ Италири мĕнпур патриотсене, тăшмана провокацисем тума парас мар, вĕсен жертви пулас мар тесе, сыхă пулма чĕнет. Çак чĕнĕве пурнăçласа, Италири прогрессивлă вăйсем Итали халăхĕн демократиллĕ ĕмĕчĕсене пурнăçа кĕртессишĕн пыракан кĕрешӳре тата ытларах пĕтĕçеççĕ.

### ЯПОНИ ТЕПĔР ХУТ ХĔÇПĂШАЛЛАНАТЬ

Нумаях пулмасть Токиори радио çапла пĕлтерчĕ: Японири пуç пулса тăракан ушкăнсемпе США хушшинче Японие Америкăри пĕр-пĕрин хушшинче хăрушсăрлăх туса хурас тĕлĕшпе ĕçлекен управленирен çар пулăшăвĕ илсе тăракан сĕршывсен шутне кĕртесси çинчен калаçусем пыраççĕ. Японире тухса тăракан хаçатсем ахальтен мар ĕнтĕ çак факта США Японие тепĕр хут хĕçпăшаллантарассине хăвăртлатма хушнипе сыхăнтараççĕ.

Америкăран пулăшу илес тесен, Японин малтанлăха «кирлĕ условисем» вырăнне «наци хăрушсăрлăхĕн корпусĕ» тенĕскерĕн йышне ӳстерме кирлĕ мерăсем йышăнмалла. Урăхла каласан, Японин яланхи çарне туса хумалла. Çакăн пек çара халĕх туса хунă ĕнтĕ, Японири пуç пулса тăракан ушкăнсен çакна никамран та пытарса тăмаççĕ. Унăн тĕп чăмăрĕ 75 процент таран кивĕ çар офицерĕсенчен тăрать. Пысăк вырăнсенче вăрçă преступникĕсем ĕçлеççĕ. Уйрăммăн илсен, — çарта Японин гитлерла Германире çар представителĕ пулса ĕçленĕ Киоми Икено, вăрçă преступникĕпе Ямаситăпа пĕрлĕ ĕçлесе пурăннă Сигеици Кисимато тата ытти нумай çавăн пек çынсем ĕçлесе тăраççĕ.

Япони монополисчĕсем правительствăпа пĕрле Японие тепĕр хут хĕçпăшаллантармалли ултă çуллăх программа туса хатĕрленĕ. Çак программăна пурнăçлас тĕлĕшпе 2.500 миллиард иена е 7 миллиард доллар расходлама палăртнă. Çар промышленноçĕ хăвăрт ӳссе пырать. 1952 çултах металлурги промышленноçĕ, машинăсем тăвакан промышленность, хими промышленноçĕ Японири пĕтĕм промышленность туса кăларнă продукцирен 45 процентне туса кăларнă. Ку вăрçăччен хинчен те нумайрах пулать. Промышленноçăн çав отраслĕсем вĕсем хĕçпăшал туса кăларассипе сыхăнса тăраççĕ.

Киодо Цусин агентстви нумаях пулмасть Японире хĕçпăшал хатĕрлес тĕлĕшпе çĕнĕрен 3 компани туса хурасси çинчен пĕлтерчĕ. Кăçалхи июнь уйăхĕнче ку компанисем боеприпассемпе çар хатĕрĕсем туса кăларма тытăнаççĕ.

Токиоран пĕлтернĕ тăрăх, Япони правительстви США-на ятарласа «промышленность миссийĕ» яма хатĕрленет. Çак миссин «Америка çар завочĕсен опычĕпе» паллашмалла. Кунпа пĕрлех Япони офицерĕсене США-на вĕренме яраççĕ. Апрель уйăхĕнче кăна США-на 54 çын тухса кайнă.

Çар производстви ӳснĕ май, промышленноçăн граждалла отраслĕсем пысăк йывăрлăх тӳссе иртереççĕ. Çавăн пек, тĕслĕхрен, пир-авăр промышленноçĕнчи производство шайĕ халĕхи вăхăтра, вăрçăччени шайпа танлаштарсан, 70 процент, тир-сăран промышленноçĕнче — 82 процента яхăн кăна. Сĕршывра — ĕçсĕрлĕх ӳсет, ĕçсыннисен пурнăçĕ начарланать.

Халĕхи вăхăтра Японишĕн çака палла пулса тăрать: Япони халăхĕ сĕршыври влаçра тăракан ушкăнсен ăнăçсăр политикине хирĕç ытларах та ытларах тăрать. Тĕслĕхрен, çак кунсенче Японири производствăлла профсоюзсен конгресĕ Японири профсоюзсен генеральнăй советне промышленноçа милитаризацилес ĕçе чарса лартассишĕн, производствăн мирлĕ отраслĕсене вăйлатассишĕн, ĕçпе тӳрĕлехле йĕркепе тӳлесе тăмалла тăвассишĕн, ĕçсĕрлĕхе хирĕç, полици профсоюзсене хĕсĕрленине хирĕç пĕрле кĕрешме чĕнсе каларĕ.

Япони ялĕсенче хресченсен сĕрĕсене аэродромсемпе полигонсем тума туртса илнине хирĕç кĕрешӳ вăйланса пырать. Япони хаçачĕсем çырнă тăрăх, влаçсем хăратнипе пăхмасăр, хресченсем хăйсен интересĕсене ăнăçлăн хӳтĕлеççĕ. Вĕсем хăйсен сĕрĕсене ют сĕршывсен çарĕсене парасшăн мар.

Çаксем пурте вĕсем Япони халăхĕн чăн-чăн шухăшĕсене палăртса тăраççĕ. Япони халăхĕ хăйĕн вăйĕсене, миршĕн, ирĕклĕхшĕн, хăйĕн тăван сĕршывĕн никама пăхăнманлăхĕшĕн кĕрешме ытларах та ытларах пĕтĕçтерет.

### ПУРНĂÇА КĔМЕН-ĔМĔТ

Майăн 18-мĕшĕнчен пуçласа 23-мĕшне çитиччен Венăра «Пĕтĕм тĕнчери суту-илӳ палатин» черетлĕ конгресĕ пулса иртнĕ. Унăн ĕçне капитализмла сĕршывсен, вăл шутра Пĕрлешӳллĕ Штатсен представителĕсем хутшăннă.

Конгресс организаторĕсен шухăшĕпе, унăн участникĕсен тĕнчери демократилле рынокăн тулашĕнчи суту-илĕве вăйлатасси çинчен каласса татăлмалла пулнă. Анчах тĕрĕссипе ĕç урăхла килсе тухнă. Хĕвеланăçĕнчи сĕршывсен представителĕсем, Америкăн суту-илӳ политикин «ырлăхне» тӳссе курнăскерсем, Хĕвелтухăçĕпе суту-илӳ тума кирли çинчен уççăнах калаçма пуçланă. «Хĕвеланăçĕпе Хĕвелтухăçĕ хушшинчи суту-илӳ тăвасси çинчен тăракан ыйтăва конгресăн официальнăй кун йĕркине те кĕртмен,—тесе çырнă «Нью-Йорк пост» хаçат.—Пĕтĕм тĕнчери суту-илӳ палатин руководителĕсем çак тема тăрăх официальнăй йĕркепе тухса калакансем пулассине шута та илмен. Апла пулсан та Хĕвеланăçĕпе Хĕвелтухăçĕ хушшинче суту-илӳ тăвасси çинчен тăракан ыйтăва конгресра сӳтсе явмалла пулнă».

Америкăра тухакан «Нью-Йорк таймс» хаçат çавна палăртнă: «Пĕтĕм тĕнчери суту-илӳ палатин конгресĕн пуринчен те тĕлĕнмеллерех результачĕсенчен пĕри çакă пулса тăрать: Хĕвеланăçĕпе Хĕвелтухăçĕ хушшинчи суту-илĕвĕн сыхăк вăхăтри малашлăхĕ коммунизмла мар сĕршывсем хушшинчи суту-илĕве сыхăк вăхăтра аслăлатмалли малашлăхран чылай лайăхрах пулни курăнать».

Конгресс пухăнас умĕн Америка хаçачĕсем уççăнах: США делегацийĕн конгресри тĕп задачи вăл—Хĕвеланăç Европăри сĕршывсем Пĕрлешӳллĕ Штатсемпе суту-илӳ тăвасси вăйланма пултарас тĕлĕшпе никĕленсе тăнине пĕтересси тата Хĕвелтухăçĕпе суту-илӳ тăвассине вăйлатас тĕлĕшпе «палăрнă шухăша пĕтерсе лартасси» пулать, тесе çырчĕç. Анчах çак задачăна пурнăçлама Америкăри хусасен вăй çитмест. «Пĕтĕм тĕнчери суту-илӳ палатин» президенчĕ Хейденстам официальнăй йĕркепе çапла пĕлтернĕ: палата членĕсем пурте «суту-илӳ енĕпе сыхăну тытассине çĕнĕрен пĕтĕм Европăна сарма кирли çинчен тăракан ыйту тĕлĕшпе пĕр пек шухăшлаççĕ». Вăл Америка монополисчĕсенчен тăрăхласа пулнă.

Конгресра палăрнă хирĕçӳсем пысăк пулнă пирки, Венăра тухса тăракан «Дер абенд» хаçат çырнă тăрăх, конгресс руководителĕсем «Европа пĕрлĕхĕ—пĕтĕм тĕнчери мир факторĕ пулса тăрать» текен резолюци проектне сасăлаттарма та хăяйман.

Çапла ĕнтĕ, конгресс итогĕсем çавна кăтартса пачĕç: США монополисчĕсен «Америка таварĕсене илĕр» текен принципĕ çинче тытăнса тăракан суту-илӳ политики хĕвеланăçĕнчи сĕршывсене пĕрне те сураçтарма пултараймасть. Вăл политика хĕвеланăçĕнчи сĕршывсене ытларах та ытларах тарăхтарса çитерет, мĕншĕн тесен вĕсене çакăн пек условисенче хăйсен тулашри суту-илĕвне йĕркелесе пыма ытларах та ытларах йывăр пулать. Конгресс тата тепĕр хут çак чăнлăха çирĕплетсе пачĕ: мир тата социализм лагерĕпе суту-илӳ тăвассине пӳлсе тăни вăл капитализмла сĕршывсен экономикăлла йывăрлăхĕсене тарăнлатма кăна пултарать.

Д. БОЧАРОВ.

### БАСКЕТБОЛ ЕНĔПЕ ЕВРОПĂРА МАЛА ТУХМАЛЛИ ĂМĂРТУ

Майăн 29-мĕшĕнче Мускавра, «Динамо» стадионĕнче, арçын командисен баскетбол енĕпе Европăра мала тухмалли ăмăртăвĕ малалла пынă. Пурĕ 12 команда тĕл пулса выляннă.

Интереслă вăйăсенчен пĕри вăл Венгри баскетболисчĕсем 1949 çулта Европăра мала тухнă Египет командипе тĕл пулса вылянни пулать. Венгри спортсменĕсем Египет командине 89:50 шутпа çĕнтернĕ.

Совет Союзĕн команди Франци баскетболисчĕсемпе вылянă. Совет спортсменĕсем Франци командине 80:51 шутпа çĕнтерне.

Израильпе Итали командисем хушшинчи вăйă та интереслă пулнă. Израиль баскетболисчĕсем Итали командине 47:42 шутпа çĕнтернĕ. Югослави команди Чехословаки спортсменĕсене, Бельги команди Швеци баскетболисчĕсене, Финлянди команди Румыни командине çĕнтернĕ.

(ТАСС).

### Н. Я. БИЧУРИНА АСĂНСА

Китая тĕпчесе пĕлес тĕлĕшпе нумай ĕçленĕ пирĕн чаплă земляк Никита Яковлевич Бичурин вилнĕренпе çак кунсенче 100 çул тултарчĕ. Çавна палăă туса СССР Наукăсен Академийĕн Востоковедени институчĕн хĕвелтухăçри халăхсен алçыравĕсен секторĕ тата Ленинградри Ленин орденлĕ А. А. Жданов ячĕпе тăракан государство университечĕн Инçетри Хĕвелтухăç историйĕн кафедри пĕрлехи ларăвĕ пулса иртнĕ. Ларура пулнисем Чăвашсен педагогика институчĕ ячĕпе сыру янă. Вĕсем Китая тĕпчесе пĕлес тĕлĕшпе Н. Я. Бичурин уйрăмах тава тивĕçлĕ паха ĕçсем тунине палăă тунă.

«Хăйĕн нумай ĕçĕсемпе вăл вырăс халăхĕн наукин мухтавне ӳстернĕ, вырăс наукине мала кăларма тăрăшнă.

Совет наукин малта пыракан наука пунăлăхне тирпейлĕн пăхса усрать, вырăс наукин летописне чаплă страницăсем çырса хăварнă ученăйсен ятне хисеплесе асăнать. Çавăн пек ятсен шутне Бичуринăн хисеплĕ ячĕ те кĕрет», тенĕ сырура.

### ВĔРЕНМЕ ПУЛĂШАКАН КОНЦЕРТСЕМ

Çак кунсенче Шупашкарти музыка училищинче концерт пулчĕ. Ăна училищĕн вĕренӳ пайĕн заведующийĕ Чăваш АССР тава тивĕçлĕ артисчĕ П. Ф. Филиппов тата фортепиано преподавательници Д. С. Нодель ютлашсем иртерчĕç. Концертра Глазунов, Власов, Бах, Дворжак, Григ композиторсен произведенийĕсене пиллĕ ăста выляса тата юрласа пачĕç. Концерт пуçланас умĕн Равинова искусствовед кашни произведени тăрăх тĕплĕн каласа пачĕ.

Çавăн пек концертсем кунта вĕренӳ сулĕнче тăтăшах пулса иртнĕ. Вăл концертсене училищĕри пианистăсем Нодель, Фейертаг, Чистякова, Григорьева, тĕрлĕ инструментсемпе вылякансем, преподавательсем хутшăннă.

В. ДОБРОСМЫСЛОВ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.



## Ялти лайăх ĕçлекен ирĕклĕ пушар дружинисен обществăлла смотрĕ

Пушарсем пулмалла мар тăвас, тухнă пушарсене ăнăçлă сӳнтерес тата республикăри ялсенчи, çавăн пекех колхозсенчи пушар дружинисен кĕрешӳ пултарулăхне ӳстерес шутпа Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ кăçалхи июнĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа ялсенчи тата колхозсенчи пушар дружинисен обществăлла смотрне иртермелле тунă.

### 1953 çулта Чăваш АССР-ĕнчи ялсенчи лайăх ĕçлекен ирĕклĕ пушар дружинисен обществăлла смотрне иртермелли условисем

Çак смотрăн тĕп задачи пушарсем тухни пулмалла мар тăвасси тата ялсемпе колхозсенчи ирĕклĕ пушар дружинисен кĕрешӳ пултарулăхне ӳстересси пулать.

Пушарсем тухни пулмалла мар тăвас, тухнă пушарсене ăнăçлă сӳнтерес тесе, ял Советĕсен, колхоз правленийĕсен, МТС тата МТМ директорĕсен ялсенче пушартан сыхланас ĕçе СССР Министрĕсен Совечĕ йышăннă постановленире кăтартса панă тăрăх организацилемелле.

Ялсенче пушартан сыхланас ĕçе мĕнле организациленине тĕрĕслесе тухма районсенчи Советсен исполкомĕсем комиссисем организацилеççĕ, çак комиссисем 1953 çулти июнĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа июлĕн 30-мĕшĕччен ирĕклĕ пушар дружинисен обществăлла смотрне иртереççĕ. Кашни ялта ирĕклĕ пушар дружинин смотрне иртернĕ чухне мĕн палăрни çинчен акт çырассĕ.

Ирĕклĕ пушар дружинисен лайăх ĕçлекен дружинăсен шутне кĕнĕ çакăн пек ĕçлемелле:

а) пĕр ялти е пĕрлешнĕ ирĕклĕ пушар дружининче 16 çынтан сахал мар пулмалла; дружинăн пушар тухни пулмалла мар тăвас тесе активлă ĕçлемелле;

б) ялти активран ирĕклĕ пушар дружинин начальникне уйăрса лартмалла, унăн кандидатурине Шалти ĕçсен министерствин пушартан сыхланас тĕлĕшпе ĕçлекен районти инспекторĕпе килĕштермелле;

в) ирĕклĕ пушар дружинин пушар сӳнтермелли юсавлă хатĕрсем пулмалла (мотопомпăсем, урапа çине лартнă насуссем, пăрăхсем, урапа çине лартнă шыв пичкисем, пусмасем, витресем, багорсем, ломсем, пуртăсем т. ыт. те). Дружинăн çавăн пекех тата пушар тухни çинчен сигнал парса халăха пĕлтермелли хатĕрсем пулмалла;

г) пушар сӳнтермелли хатĕрсене ытти япаласене усрама пушар деповĕ (сарай) пулмалла, пушар тухсан сӳнтерме кайма талăкĕпех хурал тăрассине организацилемелле,—хурал тăракансен кӳлсе тухма лашасем пулмалла;

д) ирĕклĕ пушар дружинин составĕнче пушар сӳнтерекен, шыв кӳрекен, пушар сарăлассинчен сыхлакан, хурал тăракан отрядсем пулмалла,—çав отрядсен начальникĕсене ирĕклĕ пушар дружинин начальникĕ уйăрса лартать; отрядсен начальникĕсем пулма дружинăн лайăх хатĕрленнĕ членĕсене уйăрса лартмалла;

е) пушар сӳнтермелли техникăна вĕрентме дружина членĕсемпе тăтăшах (кашни уйăхра пĕр хутран кая мар) теорилле занятисем иртермелле;

ж) ирĕклĕ пушар дружинин членĕсене участоксем—10—20 кил çирĕплетсе памалла тата çав килсенче пушартан мĕнле сыхланнине тăтăшах (кварталта пĕр хутран кая мар) тĕрĕслесе тухмалла, палăртнă çитменлĕхсене пĕтерме мĕн кирлине тумалла;

з) халăха, вăл шутрах ачасене те, пушар тухассинчен сыхланас тĕлĕшпе ăнлантарса парассине анлăн сарса ямалла—çак ыйтупа калаçусем, докладсем иртермелле, наглядăй агитацие (плакатсем, лозунгсем, правилăсем, инструкцисем) пĕлсе усă курмалла;

и) кашни киле пушар сӳнтермелли пĕр-пĕр хатĕр (витре, пуртă, багор, кĕреçе, лом, сенĕк, пусма) çирĕплетсе памалла, пушар сӳнтерме тухнă чухне ĕçлеме пултаракан кашни çыннăн çав хатĕрĕ илсе тухмалла; кашни кил умнех пушар сӳнтерме илсе тухмалли хатĕр ӳкерчĕкне çакса хумалла;

к) халăх пурлăхне тата граждансен хăйсен килĕнчи пурлăхне пушартан лайăх сыхлас тесе, ирĕклĕ пушар дружинин членĕсене пурне те пушар тухассинчен сыхланас ĕçе активлă хутшăнтармалла.

Смотр условийĕсем тăрăх, ирĕклĕ пушар дружинин начальникĕ обществăлла учрежденисенче тата государство учрежденийĕсенче пушар тухассинчен сыхланмалли ĕçсене пурнăçласа пырать.

Республикăри смотра малтанхи 10 вырăна йышăннă районсене преми памалла тунă, кашни преми—1.000 тенкĕ; çав премие лайăх ĕçлекен ирĕклĕ пушар дружинисене, çавăн пекех хăйсен ирĕкĕпе пушартан сыхланас ĕçе хутшăннă активлă работниксене параççĕ.

Кунсăр пуçне, Чăваш АССР Шалти ĕçсен министерствин пушартан сыхланас тĕлĕшпе ĕçлекен уйрăмĕ смотра малти вырăнсене йышăннă ирĕклĕ пушар дружинисене пама çаксене уйăрса хунă:

пĕрремĕш преми иккĕ—«М-600» текен икĕ мотопомпа;

иккĕмĕш преми виççĕ—«М-300» текен виçĕ мотопомпа;

виççĕмĕш преми çирĕм — алăпа усламалли 20 насус тата насуспа пĕрле кирлĕ хатĕрсем.

Смотр условийĕсене пурнăçласа мала тухнă ирĕклĕ пушар дружинисене районсенче смотр иртерекен комиссисем палăртаççĕ, комиссисем палăртнине райсовет исполкомĕсем çирĕплетеççĕ. Смотр итогĕсене 1953 çулхи августăн 5-мĕшĕ тĕлне Шалти ĕçсен министерствин пушартан сыхланас тĕлĕшпе ĕçлекен уйрăмне тăратаççĕ.

Смотрта хăш районсем мала тухнине смотр иртерекен республикăри комисси палăртать.

*Чăваш АССР Шалти ĕçсен министерствин пушартан сыхланас тĕлĕшпе ĕçлекен уйрăмĕ.*



РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-04, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—5-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НГ 00662 Типографи № 1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.